ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 28 ытларикун № 146 (9055)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулне тĕплĕн хатĕрленер

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ марксизм-ленинизма пропагандăлас ĕçе лайăхлатма кирлине кăтартса пачĕ. Партилле пропагандăн тĕп задачи,—коммунистсемпе мĕнпур кадрсене марксистла-ленинла наукăпа хĕçпăшаллантарасси, вĕсене политика енĕпе пиçĕхтерсе, парти решенийĕсемпе директивисене пурнăçлассишĕн активлăн кĕрешекен боецсем пулма воспитани парасси пулать. Партилле пропагандăна тивĕçлипе туса пыни кадрсемпе мĕнпур ĕçсыннисене çирĕп сыхăлăхлă пулма воспитани пама май парать, партин тĕрĕс ĕçĕ çĕнтерес шанчăка çирĕплетет.

Парти организацийĕсем халĕ идеологиллĕ ĕç çине тимлĕрех пăхма пуçларĕç. Вĕсем марксизм-ленинизм теорине пропагандăлас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнчĕç. Çакна 1952—53-мĕш вĕренӳ çулĕнчи политикăлла вĕренӳ итогĕсем те лайăх кăтартса параççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче пирĕн республикăри хуласемпе ялсенче 2.408 политшкулпа кружок, каçхи партшкулсем 36, марксизм-ленинизмăн каçхи университечĕсем 2 ĕçленĕ. Чылай коммунистсем хăйсен пĕлĕвĕсене харпăр хăй тĕллĕн вĕренсе ӳстернĕ е аслă шкулсенче заочно вĕреннĕ. Марксистла-ленинла вĕренĕве пурĕ 50 пин çын ытла хутшăннă.

Вĕренӳ çулĕ вĕçĕнче иртнĕ итоглă занятисем коммунистсен политикăлла пĕлĕвĕсем чылай ӳснине, вĕсем хуçалăхпа культура строительствин задачисене татса панă çĕрте марксистла-ленинла теори пĕлĕвĕсемпе усă курма пултарнине кăтартса пачĕç.

Çапах та иртнĕ вĕренӳ çулĕнчи çитĕнӳсем пысăк мар-ха, вĕсемпе лăпланса ларни пысăк йăнăш пулнă пулĕччĕ. Фактсем çакăн çинчен калаççĕ: партин хăшпĕр райкомĕсемпе хула комитечĕсем парти вĕренĕвне çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, политшкулсемпе кружоксенче занятисем идея тĕлĕшпе мĕнле пулса иртнине тĕрĕслемеççĕ, пропагандистсен политикăлла пĕлĕвĕсемпе методика ăсталăхне ӳстерес тĕлĕшпе мерăсем йышăнмаççĕ. Çак çитменлĕхсене пула нумай политшкулсемпе кружоксенче занятисем йĕркеллĕ иртмеççĕ, пропагандистсем занятисене хуçалăхпа политика задачисемпе тачă çыхăнтармаççĕ.

Нумай пуçламăш парторганизацисенче коммунистсен политикăлла вĕренĕвне йĕркелесси çине çиелтен пăхаççĕ тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене сахал пулăшаççĕ. Партин хăшпĕр комитечĕсем (сăмахран, КПСС Муркаш райкомĕ) ертсе пыракан работниксем мĕнле вĕреннине тĕрĕслемен. Çавна пула ертсе пыракан работниксенчен нумайăшĕ хăйсен теориллĕ пĕлĕвĕсене ӳстерме пăрахнă, политика ыйтăвĕсене начар пĕлеççĕ. Парти комитечĕсемпе пуçламăш организацисенче çакăн пек çитменлĕх те пур: партилле пропаганда ыйтăвĕсене сӳтсе явнă чухне пуринчен ытларах рядовой коммунистсене критиклеççĕ, ертсе пыракан работниксем мĕнле вĕреннине тĕплĕн тишкерсе тухмаççĕ.

Лекцилле пропагандăна лайăх туса пыни марксизм-ленинизма вĕренес ĕçре коммунистсене пысăк пулăшу пама пултарать. Апла пулин те, нумай районсенче лекцилле пропагандăна çителĕксĕр организациленĕ. Хăшпĕр коммунистсем вĕренӳ çулĕнче пĕр лекци те итлемен.

Халĕ парти организацийĕсенче иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсене сӳтсе яваççĕ тата çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе мероприятисем палăртса хураççĕ. Пропагандистсене суйласа илес, политшкулсемпе кружоксене йĕркелес тĕлĕшпе парторганизацисем пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Çак питех те паллă ĕçсенче пĕлтĕрхи йăнăшсене тумалла мар.

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен пропагандистсен кадрĕсене тĕрĕс суйласа илесси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла, мĕншĕн тесен вĕсен теориллĕ пĕлĕвĕсемпе методика ăсталăхĕ пысăк пулнинчен политикăлла вĕренӳ пахалăхĕ килет. Шкулсен, кружоксен, семинарсен руководителĕсем пулса ĕçлеме политика тĕлĕшпе лайăх хатĕрленсе çитнĕ коммунистсене хутшăнтармалла. Пропагандист вĕренекенсене марксистла-ленинла пĕлӳсемпе хĕçпăшаллантарма тата политикăлла воспитани пама тивĕç.

Пропагандистсене ăнăçлă ĕçлеме условисем туса парас пулать, вĕренӳ çулĕнче вĕсемпе семинарсем тата пĕр-пĕрин лайăх опычĕпе паллаштарма канашлусем тăтăшах ирттермелле. Пропагандистсене урăх ĕçсем ытлашши пама юрамасть.

Кружоксемпе политшкулсем йĕркелесси çине çиелтен пăхмалла мар. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче коммунистсене вĕренĕве хутшăнтарнă чухне вĕсен пĕлĕвĕсем мĕнлине шута илмен, коммунистсем ăçта вĕреннине кăна шута илнĕ. Çавна пула пысăкрах программăсемпе вĕренмелли кружоксене тивĕçлĕ пĕлӳ илеймен юлташсене те хутшăнтарнă. Коммунист, пĕр-пĕр кружокра вĕренсе, малалла вĕренме кирлĕ пек хатĕрленсе çитеймен пулсан, ăна çав малтанхи кружокрах тепĕр çул вĕренме сĕнес пулать.

Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене палăртасси çине уйрăмах тимлĕн пăхни кирлĕ. Хăшпĕр юлташсем, харпăр хăй тĕллĕн вĕренетпĕр тесе, чăннипе илсен, хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстермеççĕ. Çак çитменлĕхе татăклăнах пĕтерес пулать. Çитес вĕренӳ çулĕнче ертсе пыракан юлташсене марксизм-ленинизмăн каçхи университечĕсенче, партин каçхи шкулĕсенче, диалектикăлла тата историллĕ материализм вĕренмелли кружоксенче, политэкономи вĕренмелли кружоксенче вĕренме анлăн хутшăнтармалла. Теориллĕ семинарсем ирттерес ĕçе те анлăрах сарса пымалла. Вĕсене парти райкомĕсемпе хула комитечĕсем тата пысăк парторганизацисем çумĕнче организациллеççĕ. Семинарсене марксизм-ленинизм университечĕсенчен, парти шкулĕсенчен, КПСС историне пысăкрах программăпа вĕреннĕ кружоксенчен, диалектикăлла тата историллĕ материализм, политэкономи вĕренмелли кружоксенчен вĕренсе тухнă юлташсене хутшăнтармалла. Семинарсем çак енчен паха: вĕсем кадрсен вĕренĕвне лайăхрах йĕркелеме, харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ ыйтусене коллективлăн сӳтсе явма май параççĕ.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленнĕ май, парти организацийĕсен партилле пропагандăна малалла лайăхлатасси çине тимлĕн пăхмалла. Ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парас задачăсем пропаганда ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме хушаççĕ. Пропаганда ĕçĕнче халиччен пулнă çитменлĕхсенчен пĕри вăл—уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурса мухтани пулать. Çакă вăл массăсемпе классен тата парти рольне тĕрĕс ăнланса илме кансĕрленĕ, массăсен активлăхĕпе пуçарулăхне сарса пыма чăрмантарнă.

Марксизм-ленинизма начетникла, догматикла вĕренмелле мар, уйрăм формулăсемпе цитатăсене кăна ăнланса илмелле мар. Маркс—Энгельс—Ленин—Сталинăн пурне те çĕнтерекен теорийĕн тĕп шухăшне тĕплĕн ăнланса илни кирлĕ.

Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ вĕренӳ çулне тĕплĕн хатĕрленсе çитсе, ăна йĕркеллĕн тытăнасси—парти организацийĕсен паха тивĕçĕ.

Паян пирĕн хаçатра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕн тата КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс—Энгельс—Ленин—Сталинăн Институчĕн «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарни (1903—1953)» ятлă тезисĕсем пичетленеççĕ.

Çак документра пирĕн партин çур ĕмĕр хушшинчи кĕрешĕвĕпе çĕнтерĕвĕсем çинчен кĕскен каласа панă.

Парти коммунистсене марксистла-ленинла пĕлӳсем парассишĕн питĕ тимлĕ тăрăшать. Марксистла-ленинла теори догма мар, вăл кĕрешӳ программи пулса тăрать. Çавăнпа та парти коммунистсене марксизм-ленинизмăн творчествăлла характерне, Маркс — Энгельс — Ленин—Сталинăн пурне те çĕнтерекен вĕрентĕвĕн пĕлтерĕшне ăнланса илме хушать.

РСДРП-ăн Иккĕмĕш съезчĕ пулнăранпа аллă çул тултарнине палăртма хатĕрленнĕ май, «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарни (1903—1953)» çинчен çырнă тезиссене вĕренес ĕçе анлăн пуçарса пымалла. РСДРП-ăн Иккĕмĕш съезчĕ аллă çул тултарни çинчен лекцисем, докладсемпе калаçусем ирттермелле. Çак документа вĕренни партин идеологиллĕ ĕçне малалла лайăхлатмалли пысăк май пулса тăтăр.

## Ăмăртакан районсенче

(Июлĕн 25-мĕшĕ тĕлне)

| Шупашкар | | Сĕнтĕрвăрри |
|---|---|---|
| 2,6 | Тырпул пухса кĕртнĕ (вырмаллинчен процентпа) | 0.3 |
| 50,4 | Силос хывнă (çулталăкри планран процентпа) | 21,5 |
| 17,8 | Силос культурисем пухса кĕртнĕ (акнинчен процентпа) | — |

Сĕнтĕрвăрри районĕнче тырпул пухса кĕрес, силос хывас ĕçсем кая юлса пыраççĕ. Районти организацисен çак ĕçсене хăвăртлатма пулăшакан татăклă мерăсем йышăнас пулать.

# Уяр çанталăкăн кашни сехечĕпе усă курса, тырпулсене хăвăрт вырса пуçтарар

## Малта пыракан комбайнерсем

СОВЕТСКИ. Н. Захаров комбайнер иртнĕ çулта 400 гектар тырă тата нумай çул ӳсекен курăксем пухса кĕртнĕ. Кăçал вăл 500 гектартан кая мар тырă вырма обязательство илнĕ.

Пултаруллă комбайнер халĕ Свердлов ячĕпе тăракан колхозăн уйĕнче ĕçлет, панă сăмаха пурнăçлассишĕн хастарлă кĕрешет. Малтанхи кунах Захаров юлташ 15 гектар ыраш вырчĕ. Ун хыççăн ĕç тухăçлăхне тата ӳстерчĕ.

Максим Горький ячĕпе тăракан колхозра ĕçлекен П. Спиридонов комбайнер та лайăх тĕслĕх кăтартать. Вăл икĕ кун хушшинче 30 гектар ыраш вырчĕ. Комбайн ыраша питĕ тирпейлĕ вырать. Спиридонов юлташ бункерти тырра комбайнă тăратмасăр, тӳрех лавсем çине пушатать.

Я. СИГАЕВ.
С. НАЛИМОВ.

## Государствăна—тырă

ИШЛЕЙ. Молотов ячĕпе тăракан колхозри транспорт бригади Шупашкарти хатĕрлев пунктне 32 центнер ыраш, 10 центнер хуратул леçсе пачĕ. Çак кунсенчех бригада государствăна çĕнĕ тырă пама тытăнать.

В. ЧЕРНОВ.

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ТЫРПУЛ ПУХСА КĔРТНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**

Июлĕн 25-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| | |
|---|---|
| Советски | 11,2 |
| Чурачăк | 9,9 |
| Красноармейски | 9,2 |
| Муркаш | 8,3 |
| Шăхасан | 7,7 |
| Вăрмар | 6,4 |
| Комсомольски | 6,0 |
| Калинино | 5,9 |
| Чкаловски | 5,5 |
| Хĕрлĕ Чутай | 5,3 |
| Çĕрпӳ | 5,3 |
| Элĕк | 5,1 |
| Етĕрне | 5,0 |
| Тăвай | 4,5 |
| Первомайски | 4,1 |
| Елчĕк | 4,0 |
| Шăмăршă | 3,6 |
| Куславкка | 3,3 |
| Çĕмĕрле | 3,2 |
| Октябрьски | 2,8 |
| Ишлей | 2,7 |
| Шупашкар | 2,6 |
| Пăрачкав | 1,9 |
| Сĕнтĕр | 1,6 |
| Вăрнар | 1,4 |
| Канаш | 1,4 |
| Улатăр | 1,3 |
| Кувакино | 1,1 |
| Йĕпреç | 0,5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 0,3 |

## Йĕпреç районĕнчи колхозсенче тăкаксемпе кĕрешмеççĕ

Аслă çул хĕрринче Ленин ячĕпе тăракан колхозăн 7-мĕш бригадăри çынсем çурлапа ыраш выраççĕ. Автомашина килнине курсан пĕр хĕрарăм каçалăк умĕнчен çул çине чупса тухса аллине тăратрĕ.

— Тархасшăн яла лартса кайăр-ха, — терĕ вăл автомашина чарăнсан.

— Мĕн пулнă?—кабина алăкне уçса ыйтрĕ шофер.

— Шыв çук. Яла таврăнса шыв ĕçсе килес тетĕп.

— Шыв ĕçесшĕнех виçĕ çухрăмри яла кайса ан çӳре ĕнтĕ. Эпĕ сирĕн правлени умĕнченех иртсе каятăп. Çул май унта кĕрсе шыв илсе килме каласа хăваратăп,—терĕ шофер хĕрарăм мĕн сăлтавпа яла таврăнасшăн пулнине пĕлсен.

— Çук, çук... Манăн ачана ĕмĕртес пулать-ха, тата...

«Ача» сăмахха илтсен шофер хĕрарăм çине пăхса илчĕ те, хăвăртрах кузов çине улăхса ларма хушрĕ.

Автомашина çине ларнă хĕрарăм те чунĕ ытла ыратнăран, те калаçма юратнăран, çул тăрăх колхозри руководительсене ятласа пычĕ.

— Пирĕн бригадир Хураськин хушамалтă. Ирхине хире шыв турттарса тухма пулчĕ. Кăнтăрла çитрĕ пулсан та, шыв кĕтсе илеймерĕмĕр. Ĕçе тухас умĕн пулса иртнĕ пухура ача ясли уçатпăр, терĕç. Халĕ акă, ачасене çитерме кирлĕ апатсене вăхăтра хатĕрлесе хуман пирки, ясли уçма тăхтаса тăраççĕ имĕш.

— Тырă аван тухассăн туйăнать-и?—ыйтрĕç хĕрарăмран кузов çинче ларса пыракансем.

— Тырри вăйлă-ха вăл. Çуралнăранпа та эпĕ кун пек чаплă тырă пулнине курман. Анчах вырма кая юлса тухрăмăр. Сулăхпа пулнă тутă тырă вырма тухиччен тăкăнма пуçланă. Пĕтĕм шанăç та МТС çинче кăна. Унсăрăн тырă хире тăкăнса юлать.

— Комбайнсем начар ĕçлеççĕ-и мĕн?—каллех ыйтрĕç хĕрарăмран.

— Комбайнсем виççĕшĕ те лайăх ĕçлеççĕ-ха. Хамăр, колхозниксем, тырă вырнă çĕре хутшăнмастпăр-çке. Утăна вăхăтра пуçтарса пĕтермен пирки паян пирĕн бригадăран тырă вырма вунă çын кăна тухрĕ.

Кăçал тырă вăйлă, пĕрчĕсем тутă. Вăл кăшт çилпех шăпăртатса тăкăнать. Колхозри мĕнпур çынна тырă вырас ĕçе хутшăнтармасан ыраш хире тăкăнса юлма пултарать. Яла кĕрсен Ленин ячĕпе тăракан колхоз урамĕнче тем чухлĕ çамрăк ĕççĕр çӳренине курса тĕлĕнетĕн. Вĕсем—тĕрлĕрен шкулсенчен каникула килнĕ вĕренекенсем. Анчах колхозри комсомол организаци вĕсене тырă вырма хутшăнтарма тăрăшмасть.

МТС колхоза сушилка лартса парать. Ăна лартни тырпула типĕтсе государствăна парас тата сыхласа усрас ĕçе нумай аванлатма пулăшать. Анчах ĕç вăраха тăсăлать.

Районти ытти колхозсенче те тырă вырассине кирлĕ пек организацилемен. Димитров ячĕпе тăракан колхозра икĕ бригада кăна вырма пуçланă. Тата икĕ бригадăри çынсене «ыраш ешĕл» тесе вырма тухма чарса тăраççĕ. Вырма тухнă бригадăсенчи колхозниксем вара «халех армана авăртма юракан тырра вырма чарса тăраççĕ», тесе ятлаçаççĕ. Ку колхозри Охотников ертсе пыракан бригадăра ĕç норми çинчен каласа ăнлантарман пирки çынсем мĕн чухлĕ вырмаллине пĕлмеççĕ. Çавăн пекех, тӳсмелле мар нумай тăккаласа хăварнине те палăртмасăр хăварма çук. Кашни тăваткал метра 37 пучăх вырtса юлать. Нормăна пĕлменни, тăккаласа вырни колхозниксем хушшинче ăмăрту организациленменнине кăтартса парать. Тырă вырма тухнăранпа та агитаторсем хире ура ярса пусман. Шкул ачисене пучах пуçтарас ĕçе хутшăнтармаççĕ.

Иртнĕ çулсенче малта пыракан колхозсем ĕç пахалăхне тĕрĕслекен комиссисем тăватчĕç. Димитров ячĕпе тăракан колхозра та кун пек комисси тусан аван пулмалла.

Калинин ячĕпе тăракан колхозăн ырашĕ июлĕн 21-мĕшĕнчех вырмалла пулнă. Анчах колхоз тăватă кун кая юлса вырма пуçланă. Ку колхозра икĕ комбайн ларать. Колхоз председателĕ Чернов юлташ «тырă çапкаланнă» тесе комбайнсене вырма чарса тăрать. Ытти колхозсенче вара çавăн пек тыррах комбайнпа выраççĕ. Тĕрĕссипе Чернов комбайна ĕçлеттересшĕн мар. Хăй вара алăпа вырма çителĕклĕ таран çурласем те хатĕрлеймен.

— Кун пек ĕçлесен тырăсăр тăрса юлатпăр,—терĕç Чернов правление пырасса кĕтсе ывăннă колхозниксем.—Вăл тимсĕр пирки сулса пуçтарнă 40 лав утăна капана хывмасăр çумăрпа йĕпетсе кăвакартăççĕ.

«Красный партизан» колхоз председателĕ А. Ефремов юлташ райсовет исполкомĕнче пулсан:

— Июлĕн 22-мĕшĕнче тырă вырма тытăнатпăр,—тесе шантарса хăварнăччĕ.

Унтанпа темиçе кун иртрĕ. Колхоз хирĕнче 3 комбайн ыраш вырма пуçларĕ. Апла пулсан та алăпа вырма тăхтаса тăраççĕ. Ку колхозра тырпул пуçтарса кĕртмелли машинăсене те юсаса пĕтермен-ха. 4 жнейкăран иккĕшне кăна юсанă. Автомашинăна та юсаса тырпул турттарма юрăхлă туман.

П. ЩИПЦОВ.
(Хамăр корр.).

Йĕпреç районĕ.

## Ыраша тăккаласа выраççĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Кăçал районти пур колхозсенче те ыраш ăнса пулчĕ: пучахĕсем йывăр, пĕрчисем шултра. Тырă хăвăрт тăкăнма пултарать. Çакă ыраш вырса пухас ĕçĕн хăвăртлăхне ӳстерме кирли çинчен калать. Кăçалхи çак уйрăмлăх çинчен «Гигант» ялхуçалăх артелĕн руководителĕсем те, колхозниксем те питĕ аван пĕлеççĕ.

Анчах «Гигант» колхозра ыраш вырас ĕç вăраххăн пулса пырать. Тăкаксем нумай. Тĕрĕслӳре кашни тăваткал метр çинче 5—6 пучах тăккаланса юлни курăнчĕ. «Ыраш тăкăнать, çавăнпа ӳкнĕ пучахсене илме те вăхăт тупаймастпăр», теççĕ колхозниксем. Хăвăрт вырни кирлĕ, анчах тăккаланчăксем туни сиенлĕ.

Тырă тăкăннăшăн, чи малтанах, колхоз руководителĕсем айăплă. Вĕсен çаврăнăсусăрлăхне пула бригадăсем ыраш вырма икĕ кун кая юлса тухнă. 3 бригада вара виçĕ кун кая юлнă. Пилĕк кун хушшинче колхозра 130 гектар кăна ыраш вырнă. Пурĕ 427 гектар вырмалла. 5-мĕш бригадăра çав вăхăтрах 60 çын ĕçлесе те 18 гектар çеç вырнă.

Колхоз правленийĕ тунă план тăрăх, пур уй-хир бригадисенче те ыраша 10 кунта вырса пĕтерме палăртнă. План тунă чухне механизмсене шута илмен, уя кулленех 400 çын ытла тухассине тата кашни çын 0,12 гектар вырассине кăна шута илнĕ. Çапла ĕçлесен машинăсемпе усă курмасан, ыраш вырас ĕçе 10 куна çити тăссан колхоз тырра нумай сухатса хăварма пултарать. Малтанхи кунсен итогĕ правленин çак ĕçе вăраха яракан планĕ те пурнăçланса пыманни çинчен каласа парать.

Колхозра ĕç дисциплини начар. Тырă вырас ĕçе кулленех 20—30 колхозник хутшăнмасть. Колхозра штатра ĕçлекенсем 60 çын ытла. Вĕсене ыраш вырма е аван çапма кăларсан пысăк усă пулмалла.

Колхозра ыраша хăвăрт вырса пуçтарма пур майсем те çителĕклĕ. 7 бригадăра кашниниче жнейка пур, колхоза комбайн та килнĕ. Анчах комбайн пĕрре çаврăннă хыççăнах чарăнса ларнă, 5 бригадăра жнейкăсене уя пачах илсе тухман.

Колхоз уй-хирĕсенче суртрисем те пулса çитнĕ. 5-мĕш бригадăри «Торсдаг» сортлă пăрçа пуçтарассăн кĕтсе ларать. Авăн çапса государствăна тырă пама та вăхăт.

«Гигант» колхоз руководителĕсен тырпула вăхăтра тата тăккаламасăр пухса кĕртме колхозниксем хушшинчи ĕç дисциплинине çирĕплетни, комбайнпа тата жнейкăсемпе анлăн усă курни кирлĕ.

И. ПЕТРОВ,
Алманч ял Совет председателĕ.
Н. ОРЛОВ,
«Коммунизм ялавĕ» корреспонденчĕ.

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## СССР Тинĕс-Çар Флот кунне уявлани

**МУСКАВ**

Июлĕн 25-мĕшĕнче Мускавра СССР Тинĕс-Çар Флот Кунĕ ячĕпе СССР Оборона министерствин савăнăçлă ларăвĕ пулнă. Унта партипе совет организацийĕсен тата обществăлла организацисен представителĕсем те пулнă.

Ларăва СССР Оборона министерствин политикăлла главнăй управленийĕн начальникĕ А. С. Желтов генерал-полковник уçнă.

Тинĕс-Çар Флот Кунĕ çинчен флот адмиралĕ Н. Г. Кузнецов доклад тунă.

КПСС Мускав хула комитечĕн секретарĕ Прохоров юлташ тата ВЛКСМ Мускав хула комитечĕн секретарĕ Давыдов юлташ саламлă сăмахсем тухса каланă. Вĕсем çар морякĕсене уяв ячĕпе саламланă, вĕсене çар ĕçне тата политикăна вĕреннĕ çĕрте çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă суннă. (ТАСС).

* * *

Июлĕн 26-мĕшĕнче Мускаври ĕççыннисем çар морякĕсен çулленхи праçникне—СССР Тинĕс-Çар Флот кунне анлă уявланă.

Предприятисенче, çар чаçĕсенче, çар шкулĕсенче Совет Союзĕн Тинĕс-Çар вăйĕсен мухтавлă историйĕ çинчен докладсем, лекцисем тата калаçусем ирттернĕ.

Химки водохранилищи çинче халăх нумай пулнă. Кунта СССР Тинĕс-Çар вăйĕсен шыв станцийĕнче шыв спорчĕн ăмăртăвĕсене ирттернĕ. М. Горький ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче халăх гулянийĕ пулнă, унта 100 пин çын ытла хутшăннă. Ĕççыннисемпе çар морякĕсем тĕл пулнă.

СССР Тинĕс-Çар Флочĕн уявĕ кунĕнче Мускаври ĕççыннисем пирĕн Тăван çĕршывăн тинĕс чиккисене сыхлакансене, совет çыннисен мирлĕ те пултаруллă ĕçне шанчăклăн хураллакансене хăйсем хĕрӳллĕн юратнине палăртнă.

**ЛЕНИНГРАД**

Хулари ĕççыннисем СССР Тинĕс-Çар Флот кунне чаплă уявланă.

Кăнтăрла 12 сехетре, карапсем çинчи тупăсемпе персе тинĕс-çар парачĕ пуçланни çинчен пĕлтернĕ.

Парад хыççăн уява С. М. Киров ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче ирттернĕ. Вăтам Невка шывĕ çинче спортсменсен ăмăртăвĕ пулнă. Моряксем шывра массăллăн стройпа ишнĕ. Ишме 1.200 çын хутшăннă.

**СЕВАСТОПОЛЬ**

Герой-хулана уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Карапсен палубисем çине моряксем стройпа тăрса тухнă. «Смирно!» тесе команда пани илтĕнет. Совет Союзĕн Государство Гимнĕн кĕвви янăрать. Çав вăхăтра пур карапсем çинче те ялавсем çĕклеççĕ тата тинĕс çинчи йăлапа тĕрлĕ тĕслĕ пĕчĕк ялавсене çакнă.

Тинĕс-çар парачĕ пулнă хыççăн уяв шыв станцине куçнă. Хура тинĕс флотĕнчи тата Севастополь хулинчи вăйлă ишекенсем тĕрлĕ дистанцие ишес тĕлĕшпе хăйсен ăсталăхне кăтартнă.

Ракета персе сигнал панă хыççăн, моряксем, йăлана кĕнĕ йĕрке тăрăх, тĕрлĕ çĕртен пуçласа шыв станцийĕ патнелле ишме пуçланă. Тĕрлĕ енчен шыв станцийĕ патнелле темиçе пин матрос ишнĕ. Мĕнле ишнине çыранран пăхса тăракансем шывра ишекен матроссем çĕкленĕ хĕрлĕ хăмачсем çинче «Сывă пултăр пирĕн паттăр Тинĕс-Çар Флочĕ!», «Тăван çĕршыва хӳтĕлесси СССР Союзĕн кашни гражданинĕн таса тивĕçĕ!», «Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!» тесе çырнине вуланă.

**ОДЕССА.**

Тинĕс хĕрринчи бульвара тата Т. Г. Шевченко ячĕпе тăракан культурăпа кану паркне пиншер ĕççынни иртенпех пырса тулнă. Вĕсем Хура тинĕс флочĕн рейдра тăракан карапĕсем çине пăхса савăннă. Часах матроссемпе офицерсем çыран çине тухнă. Хăнасемпе хула çыннисем парксемпе шыв станцийĕсене кайнă. Парксемпе шыв станцийĕсенче СССР Тинĕс-Çар Флот кунĕ ячĕпе халăх гулянийĕ пулнă.

ДОСААФ-ăн шыв станцийĕнче 50 цин çын ытла пулнă. Спорт обществисен кĕсменсемпе ишмелли тата паруссемпе çӳремелли кимĕсен парачĕ хыççăн, кунта кунĕпех тинĕс спорчĕн ăмăртăвĕсене ирттернĕ.

* * *

СССР Тинĕс-Çар Флот кунне Киевра, Минскра, Хабаровскра, Ташкентра, Петрозаводскра, Бакура, Ригăра, Таллинра, Вильнюсра, Мурманскра тата çĕршыври ытти хуласенчи ĕççыннисем чаплăн уявланă.

Июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС).

## Саратовра Н. Г. Чернышевский памятникне лартнă

САРАТОВ, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта аслă революционер-демократăн, ученăйăн тата писателĕн Н. Г. Чернышевскийĕн памятникне лартнă. Паян çав памятнике уçнă.

С. М. Киров ячĕпе тăракан площадьре Н. Г. Чернышевский землякĕсем, Мускаври, Астраханьри, Хусанти тата çĕршыври ытти хуласенчи ĕççыннисен представителĕсем пухăннă. Совет правительстви хушнипе памятнике партин Саратов обкомĕн секретарĕ Г. А. Борков юлташ уçать.

Шурă пире илсен, Н. Г. Чернышевскийĕн бронзăран тунă 5 метр çӳлĕш кĕлетки курăнса каять, ăна хĕрлĕ-хăмăр гранитран тунă, якатнă çӳлĕ постамент çине лартнă.

Митингра ĕççынни депутачĕсен Саратов хула Совечĕн исполком председателĕ Г. Ф. Бобылев, Соколовгорскри çĕр пăрапас енĕпе ĕçлекен кантурăн мастерĕ В. А. Митрофанов, Совет писателĕсен союзĕнчен Б. С. Рюриков, СССР Наука академийĕнчен М. А. Еголин, Саратоври Н. Г. Чернышевский ячĕпе тăракан университетри доцент Е. И. Покусаев сăмах тухса каланă.

Вырăссен аслă мыслителĕпе революционерĕн землячки—Н. М. Чернышевская тухса калаçнине митинга пухăннисем ăшă кăмăлпа кĕтсе илнĕ.

Митинг хупăнать. Площадьре СССР Государство Гимнĕн кĕвви хăватлăн янрать.

Партипе обществăлла организацисен нумай йышлă делегацийĕсем памятник умне чечек кăшăлĕсемпе çыххисем хунă.

# Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ аллӑ ҫул тултарчӗ

## (1903—1953)

Российӑри социал-демократилле рабочи партийӗн (РСДРП) Иккӗмӗш съезчӗ уҫӑлнӑ кун—1903 ҫулхи июлӗн 30-мӗшӗ—[illegible] Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн тата тӗнчери революциллӗ юхӑм историйӗнче питех те пӑлтӑр кун пулса тӑрать. Сак съезд марксистла партие, ҫӗнӗ йышши партие, II-мӗш Интернационалӑн реформистла партийӗсенчен тӗпренех уйрӑлса тӑракан партие пулса йӗркелесе янӑ. «Большевизм,—тесе ҫырнӑ В. И. Ленин,—политикӑлла шухӑш юхӑмӗ тата политика партийӗ пулса, 1903 ҫултанпа пурӑнать».

Аслӑ Ленин Российӑри пролетариатӑн революциллӗ партине тӑвас тӗлӗшпе [illegible] кӗрешни Иккӗмӗш съездра ҫӗнтерӳпе вӗҫленнӗ. Нумай ҫулсем хушши, иртнӗ ӗмӗрӗн тӑххӑрвуннӑмӗш ҫулӗсенченех пуҫласа В. И. Ленин, Маркспа Энгельс вӗрентӗвне шанчӑклӑн малалла илсе пыраканӑ пулса, истори ҫӗнӗ условийӗсенче марксизма творчествӑлла аталантарса, марксизмӑн уҫҫӑн тата вӑрттӑн ӑшсене хирӗҫ, рабочисен юхӑмӗнчи мӗнле оппортунизма хирӗҫ, пролетариат вӑйӗсене революциллӗ марксизм ялавӗ айӗнче организацилесе пӗрлештересшӗн хаяр кӗрешӳ пулса янӑ.

Революци генийӗ Ленин туса ҫирӗплетнӗ большевиксен партийӗ 1917 ҫулхи Октябрьти Социализмла Аслӑ революцире пирӗн халӑха ҫӗнтерӳ патне илсе ҫитерчӗ, пролетариат диктатурине организацилерӗ, пирӗн Тӑван ҫӗршывра ӗҫҫыннисен нумай миллионлӑ массисене ӑнланулла историлле ӗҫе тума ҫӗклерӗ, социализмла общество туса ҫитерме май пачӗ, совет халӑхне малалла, коммунизм патне ертсе пырать. Ленин ячӗ, Коммунистсен партийӗн никӗсне хывакан аслӑ ҫын тата аслӑ ҫулпуҫӑн ячӗ, пирӗн партин пӗтӗм историйӗпе, тӗнчери пӗрремӗш социализмла государство—Советла Социализмла Республикӑсен Союзӗ пулса тата малалла аталанса пынипе уйрӑлми ҫыхӑнса тӑрать. Ленин ячӗ мир, демократи тата социализм ӗҫӗшӗн, халӑхсен ҫутӑ малашлӑхӗшӗн пыракан кӗрешӳре пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен ялавӗ пулса тӑчӗ.

Рабочисемпе хресченсен ӗҫӗшӗн, социализмӑн ӗҫӗшӗн [illegible] кӗрешнӗшӗн, обществӑна революциллӗ ҫӗнетсе улӑштарас тӗлӗшпе ывӑнма пӗлмесӗр ӗҫленӗшӗн Совет Союзӗнчи Коммунистсен партине пӗтӗм совет халӑхӗ вӗҫӗмсӗр юратса тата шанса тӑрать. Нумай ҫулхи историлле опыт тӑрӑх ССР Союзӗнчи ӗҫҫыннисем пирӗн ҫӗршывра пулнӑ мӗнпур политикӑлла партисенчен Коммунистсен партийӗ кӑна чӑн-чӑн халӑх партийӗ пулнине, вӑл ӗҫҫыннисен тӗп интересӗсене палӑртса тӑнине курса ӗненчӗҫ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ ҫур ӗмӗр хушшинчи паттӑр кӗрешӗвӗн, йывӑр тӗрӗслевсен тата пӗтӗм тӗнчипе паллӑ историлле ҫӗнтерӳсен мухтавлӑ ҫулне утса тухрӗ. Гениллӗ Ленин, Ленин ученикӗ тата ун ӗҫне малалла туса пыраканӗ Сталин ертсе пынипе ҫапӑҫусенче ҫирӗпленнӗ пирӗн Коммунистсен партийӗ халь коммунизм тӑвакан совет обществине ертсе пыракан, ҫул кӑтартса малалла илсе каякан вӑй пулса тӑчӗ.

Коммунистсен партийӗн пӗтӗм историйӗ марксизм-ленинизмӑн аслӑ, пурне те ҫӗнтерекен вӗрентӗвӗн ҫӗнтерӗвӗ пулса тӑрать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн историлле пуян опычӗ мӗнпур ҫӗршывсенчи коммунистсен партийӗсемпе рабочисен партийӗсене вӗсен обществӑна революциллӗ ҫӗнетсе улӑхлатассишӗн пыракан кулленхи кӗрешӗвӗнче хавхалантаракан тӗслӗх пулса тӑрать.

## I. РСДРП-ӑн Иккӗмӗш съезчӗн историлле пӗлтерӗшӗ

1. Российӑра марксистла партие пӗтӗм тӗнчери рабочисен юхӑмӗнче улшӑну пулнӑ тапхӑрта туса хунӑ, ун чухне капитализм хӑйӗн аталанӑвӗн ҫӳлӗ тата юлашки, империализмла сыпӑкне кӗнӗ, паразитла, ҫӗрекен, вилекен капитализм пулма тытӑннӑ, ун чухне пролетарилле революци пурнӑҫри чи кирлӗ ыйту пулса тӑнӑ. Ҫав тапхӑрта Россия империализмӑн мӗнпур хирӗҫӗвӗсен тӗп пунчӗ пулса тӑнӑ. Российӑри патша йӗркипе хӗвеланӑҫӗнчи империализм интересӗсем пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑнса тӑнӑ. Партин Иккӗмӗш съезчӗ умӗн Ленин ҫапла ҫырнӑ: «Халӗ истори пирӗн умма чи ҫывӑх задача тӑратрӗ, вӑл кирек хӑш ҫӗршыври пролетариатӑн мӗнпур чи ҫывӑх задачисенчен те чи революциллӗрех задача пулса тӑрать. Ҫак задачӑна пурнӑҫа кӗртни, Европӑри реакцин тӗрекне кӑна мар, ҫавнашкалах тата (халӗ ӗнер калама пулать) Азири реакцин чи хӑватлӑ тӗрекне те аркатни вырӑс пролетариатне пӗтӗм тӗнчери революциллӗ пролетариатӑн малти отрячӗ туса хунӑ пулӗччӗ». Российӑра ӳссе хӑпаракан аслӑ халӑх революцийӗн характерӗ, хӑйне евӗрлӗхӗ тата пӗтӗм тӗнчери пӗлтерӗшӗ ҫавӑнтан тухса тӑнӑ ӗнтӗ.

Российӑра марксистла юхӑм иртнӗ ӗмӗрти сакӑрвуннӑмӗш ҫулсенче, 1883 ҫулта Плеханов ертсе пынипе «Освобождение труда» ятлӑ марксистла ушкӑн тунӑ хыҫҫӑн саралма пуҫланӑ. Анчах «Освобождение труда» ушкӑнӗ—«социал-демократин теорилле никӗсне ҫеҫ хывнӑ тата рабочисен юхӑмӗ патне пӗрремӗш утӑм кӑна тунӑ». Российӑри революциллӗ пролетарилле партин пуҫламӑшӗ Петербургра Ленин тунӑ «Союз борьбы за освобождение рабочего класса» ятлӑ организаци пулнӑ (1895 ҫ.), вӑл марксизма рабочисен юхӑмӗпе анлӑн пӗрлештерес ӗҫе пуҫланӑ.

1898 ҫулта РСДРП-ӑн пӗрремӗш съезчӗ пулса иртнӗ, вӑл Российӑра марксистла парти тунине ҫинчен пӗлтернӗ. Анчах Российӑра марксистла юхӑм пӗрремӗш съезд хыҫҫӑн та ӗлӗкхи пекех сапаланчӑк, уйрӑм социал-демократилле кружоксене ушкӑнсенчех пулса пынӑ, ҫав кружоксене ушкӑнсен пӗрлӗхлӗ марксистла кӗрешӳ программи тата централизациленӗ организаци пулман. Социал-демократилле кружоксен чылай пысӑк пайне ҫав вӑхӑтрах «экономизм» (рабочи класӑн политикӑлла кӗрешӗвӗпе унӑн ертсе пырас рольне йышӑнман оппортунизм) тутӑхӗ хавшатса пынӑ.

Партин Иккӗмӗш съезчӗ пулнӑ тапхӑрта политикӑлла ҫав тери кирлӗ ыйтӑва татса памалла пулнӑ: вырӑс рабочийӗсен ҫамрӑк юхӑмӗ мӗнле ҫулпа кайӗ—вӑл, социализмла идеологипе хавхаланса, патша йӗркине тата капитализма хирӗҫ пыракан хӑюллӑ, вӗҫне ҫитиех революциллӗ кӗрешӗвӗн, пролетариат диктатуришӗн пыракан кӗрешӗвӗн ҫулӗпе, Ленин, «искровецсем», большевиксем чӗнекен ҫулпа кайӗ е вӑл буржуалла идеологие пӑхӑнас ҫулпа, реформизм ҫулӗпе кайӗ, патша йӗркипе тата капитализмпа [illegible] ҫул ҫине, е рабочи юхӑмне меньшевиксем [illegible] «экономистсем» пӑрса яма хӑтланнӑ ҫул ҫине [illegible]. II-мӗш съездра ленинла «Искрӑн» идеологилле принципӗсем ҫӗнтерни пирӗн партие революци аталанӑвӗшӗн, тӗнчери пӗтӗм революциллӗ юхӑмшӑн ҫав тери пысӑк вырӑнта тӑнӑ.

2. Партин Иккӗмӗш съезчӗ умӗн иртнӗ вунӑ ҫул Российӑри рабочисен юхӑмӗн историйӗнче Ленин либералла народниксемпе «легальнӑй марксистсене» хирӗҫ, кустарлӑхпа уйрӑм кружоксенче ӗҫленине хирӗҫ, «экономистсен» оппортунизмне хирӗҫ нимӗн килӗшмесӗр кӗрешнипе паларса тӑрать, ҫав оппортунистсем пролетариатӑн революциллӗ партине тӑвассине хирӗҫ пынӑ, рабочисен стихийӑлла юхӑмне социализмла ӑстӑн илсе кӗрессине хирӗҫ пынӑ.

Марксистла партишӗн кӗрешес, «экономистсене» ҫӗмӗрсе тӑкас, сапаланчӑк социал-демократилле кружоксене пӗрлештерес, РСДРП-ӑн Иккӗмӗш съездне хатӗрлес ӗҫре Ленин организациленӗ, пӗтӗм вырӑсемшӗн тухса тӑнӑ «Искра» ятлӑ марксистла политикӑлла хаҫат татӑклӑ вырӑн йышӑнса тӑнӑ. Ленин планӗ тӑрӑх, хаҫат парти вӑйӗсене пӗрлештерекен, парти кадрӗсене пухса воспитани паракан, вӗсене марксистла уҫӑ программӑллӑ, революциллӗ тактикӑллӑ, пӗр ирӗклӗ тата хурҫӑ пек ҫирӗп дисциплинӑллӑ партие, пӗтӗм вырӑс пролетариачӗн централизациленӗ боевой партине, пӗтӗстерекен центр пулса тӑнӑ. Ленинӑн парти тумалли ҫак планӗ революциллӗ кӗрешӗвӗн чи кирлӗ задачисенчен тухса тӑнӑ тата марксистсен организацилле опытне ҫав тери ӑста пӗтӗҫтерсе панӑ. Ҫак план ҫӗнтерни боевой, ҫирӗп пӗтӗҫсе тӑракан Коммунистсен партийӗн никӗсне хывнӑ, Коммунистсен партийӗ вара пӗтӗм тӗнчери революциллӗ рабочисен юхӑмӗшӗн тӗслӗх пулса тӑнӑ.

Российӑри рабочисен ӳссе пыракан юхӑмӗн задачисем марксистла теорие творчествӑлла аталантарма, рабочисен юхӑмне социализмпа тачӑ пӗрлештерме хытӑ хушнӑ. Маркс ӗҫне малалла туса пынӑ аслӑ Ленин марксистла партин идеологилле никӗсӗсене туса хатӗрленӗ, революциллӗ теори пӗлтерӗшне ҫӳле ҫӗкленӗ. Ленин ҫапла кӑтартса панӑ: малта пыракан теори тӑрӑх ӗҫлекен парти кӑна кӗрешӳре малта пыраканӗн тата ӗҫҫыннисен чӑн-чӑн ҫулпуҫӗн рольне пурнӑҫа кӗртме пултарать, рабочисен массӑллӑ юхӑмне наукӑлла социализмпа ҫыхӑнтарнин пӗлтерӗшне пӗтӗм вӑйпа палӑртнӑ.

3. РСДРП Иккӗмӗш съезчӗн историлле пӗлтерӗшӗ ҫакӑнта пулать: вӑл ленинла «Искра» хатӗрлесе панӑ идейӑлла тата организацилле никӗссем ҫинче Российӑра чӑн-чӑн марксистла парти туса хунӑ. Съезд пӗтӗм тӗнчери рабочисен юхӑмӗн историйӗнче Маркспа Энгельс вилнӗ хыҫҫӑн малтанхи хут революциллӗ программа йышӑннӑ, вӑл программӑра пролетариат диктатуришӗн кӗрешесси тӗп задача пулнине кӑтартса панӑ.

Ленин тата унпа пӗр шухӑшлисем, ҫирӗп искровецсем, съездра оппортунистла элементсене хирӗҫ, марксизмӑн чи паха положенине—пролетариат диктатури ҫинчен калакан положение программӑна кӗртессине путлантарса пӑрахма хӑтланнӑскерсене хирӗҫ нимӗн килӗшмесӗр кӗрешнӗ. Ленин пролетариат диктатури ҫинчен калакан положение татӑклӑн тата ҫине тӑрса хӳтӗлесе хӑварнӑ. Съезд программӑна пролетариат диктатури ҫинчен калакан пункт кӗртни Ленин майлисен историлле ҫӗнтерӗвӗ пулнӑ.

Пролетариат диктатурин ҫӗнтерӗвӗшӗн кӗрешес задача лартса, Ленин рабочи класӑн союзникӗ пулса тӑракан хресченсен революциллӗ кӗрешӗвӗ калама ҫук пысӑк вырӑнта тӑнине кӑтартса панӑ, парти программине хресчен ыйтӑвӗ тӑрӑх революциллӗ-демократилле требованисем кӗртнӗ.

Программӑна нацисен самоопределени правви ҫинчен калакан пункт кӗртессине хирӗҫ тӑнӑ бундовецсемпе Польша социал-демократӗсене Ленин татӑклӑ отпор панӑ, пролетарилле интернационализм принципӗсене хӳтӗлесе хӑварнӑ.

Партин Иккӗмӗш съездӗнче революциллӗ кӗрешӗвӗн аслӑ идейисем ҫӗнтернӗ, вӑл идейӑсене Ленин хӑй политикӑлла ӗҫе тытӑннӑ малтанхи кунсенчен пуҫласах хӳтӗленӗ. Плеханов хатӗрленӗ программӑн юрӑхсӑр проектне, пролетариат диктатури ҫинчен калакан положение сиктерсе хӑварнӑ проекта критиклесе, Ленин: вырӑс пролетариачӗн партийӗн «чӑн-чӑн кӗрешекен парти» программи пулмалла, вӗренмелли учебник мар, тенӗ. Ҫавӑнпа та, тенӗ Ленин, партин «хӑйӗн программинче вӑл вырӑс капитализмне айӑпланине, вырӑс капитализмне хирӗҫ вӑрҫӑ пуҫланине нимӗн иккӗленмелле мар уҫҫӑн ҫырса хумалла». Коммунистсен партийӗ ҫак ҫулпа, Ленин ҫулӗпе кайнӑ.

Рабочи класс партийӗн программи, РСДРП II-мӗш съезчӗ йышӑннӑ революциллӗ программа пролетариатӑн ҫывӑхри задачисене те — буржуалла-демократилле революци тапхӑрӗнчи задачӑсене (программа-минимум), ҫавнашкалах унӑн тӗп задачисене те—социализмла революци ҫӗнтерӗвне шута илекен задачӑсене (программа-максимум) палӑртса панӑ. Ҫак программа партин VIII-мӗш съезчӗ пуличченех (1919 ҫ.) пирӗн партин кӗрешӳри ертсе пыракан документчӗ пулнӑ.

4. Иккӗмӗш съездра парти тытӑмӗн организацилле принципӗсем тавра хаяр кӗрешӳ пуҫланса кайнӑ. Ленин тата унпа пӗр шухӑшлисем рабочи класӑн малта пыракан, ӑнланулла, организациленнӗ отрячӗ пулса тӑракан партин, революциллӗ теорие, общество аталанӑвӗн тата класс кӗрешӗвӗн законӗсене пӗлнипе, революциллӗ юхӑмӑн опычӗпе хӗҫпӑшалланнӑ партин ролӗ ҫинчен калакан чӑн-чӑн марксистла положенисене хӳтӗленӗ. Ҫавӑн пек пысӑк ӑнланулла тата организациленӗ, ҫирӗп пӗрлешнӗ тата централизациленӗ, пӗрлӗхлӗ ирӗкпе ӗҫлекен парти кӑна рабочи класа ҫӗнтерӳ патне илсе пыма тата унӑн влаҫа илессишӗн пыракан кӗрешӗвне ӑнӑҫлӑ ертсе пыма пултарать.

Меньшевиксем вара пролетариат диктатуришӗн кӗрешессине хирӗҫ пынӑ, ҫавӑнпа та вӗсене социаллӑ революцин боевой партийӗ кирлӗ пулман. Меньшевиксене реформистла, организацилӗх тӗлӗшпе йӗркеленсе ҫитмен, II-мӗш Интернационалӑн оппортунистла партийӗсем евӗрлӗ соглашателле организаци кӑна кирлӗ пулнӑ. Программа тӗлӗшӗнчи оппортунизмран (пролетариат диктатурине йышӑнманни) организаци тӗлӗшӗнчи оппортунизм тухса тӑнӑ (пролетариатӑн централизациленӗ, дисциплинӑллӑ, боевой, революциллӗ партине йышӑнманни).

Парти пӗрлӗхне сыхласа хӑварма—тесе вӗрентнӗ Ленин—хурҫӑ пек ҫирӗп пролетарилле дисциплина, парти пурнӑҫӗн Устав йӗркелесе тӑракан ҫирӗп нормисем кирлӗ, вӗсем партин пур членӗсемшӗн те—руководительсемшӗн те, рядовой членсемшӗн те пӗр пекех обязательнӑ пулмалла. Ленин Иккӗмӗш съездра кӑларса тӑратнӑ положени, парти членӗн чыслӑ ячӗ ҫинчен калакан положени, партин кашни членӗ партишӗн ответлӑ, парти хӑйӗн кашни членӗшӗн ответлӑ текен положени питӗ пысӑк вырӑнта тӑрать. Парти задачи, тенӗ Ленин, ҫакӑнта пулать: «хамӑр партин ҫирӗплӗхне, тӳсӗмлӗхне, тасалӑхне сыхламалла. Пирӗн парти членӗн ячӗпе пӗлтерӗшне ӳлерех, ӳлерех тата ӳлерех ҫӗклеме тӑрӑшмалла...»

Парти пурнӑҫӗн ҫирӗп нормисем, ертсе пырас ӗҫӗн принципӗсем, Ленин хатӗрлесе панӑскерсем, парти Уставӗн требованийӗсене ҫав тери ҫирӗп тытса пыма, демократилле централизм принципӗсене яланах пурнӑҫа кӗртсе пыма, партин рядовой членӗсен активлӑхне пур майсемпе те ӳстерсе пыма, парти пурнӑҫӗнчи чи пысӑк ыйтусене коллективлӑн сӳтсе явма кирлине палӑртнӑ. Ленин ҫапла вӗрентет: коллективлӑн ертсе пырас принципсене ҫирӗп тытса пырсан кӑна парти организацийӗсем тата пӗтӗм парти йӗркеллӗ ӗҫлесе тӑма пултарать, ҫапла тусан кӑна парти йышӑнакан решенисене ӑнсӑртлӑхсем лекмесӗҫ тата вӗсем пӗр енлӗ кӑна пулмасӗҫ. Парти чӗрӗ те пултаруллӑ, вӗҫӗмсӗр аталанакан организм пулса тӑрать.

В. И. Ленин марксизм историйӗнче малтанхи хут партине пролетариатӑн ертсе пыракан организацийӗ, ун аллинчи тӗп хӗҫпӑшал пулса тӑни ҫинчен, ҫав хӗҫпӑшалсӑр пролетариат диктатурине туса хума, социализм тата коммунизм тума май ҫукки ҫинчен калакан вӗрентӳ туса хатӗрленӗ.

Ленин съездра программӑлла тата организацилле ыйтусем тӑрӑх оппортунистла элементсене хирӗҫ кӗрешни РСДРП-ӑн революциллӗ пайне—большевиксене оппортунистла пайран—меньшевиксенчен татӑклӑнах уйӑрнӑ. Ленинӑн революциллӗ марксистла партин—социалла революципе пролетариат диктатурин партийӗ тумалли гениллӗ планӗ съездра ҫӗнтерӳ ҫине кӑларттӑ панӑ. Ленин Российӑри тата пӗтӗм тӗнчери пролетариатӑн марксизмӑн аслӑ теорийӗ Маркспа Энгельс вӗрентӗвне малалла илсе пыраканӗ, революцин аслӑ стратегӗ, рабочисен юхӑмӗ мӗнле аталанса пырассине малтанах витӗр курса тӑракан стратег, кӗрешӳре хӑрама пӗлмен ту ӑмӑрткайӑкӗ пулса тӑрать.

5. Ленин Иккӗмӗш съездра тата съезд хыҫҫӑнхи тапхӑрта оппортунистсене хирӗҫ нимӗн килӗшмесӗр кӗрешни, большевизмӑн идейӑлла тата организацилле принципӗсене хӳтӗлени пӗтӗм тӗнчери пролетариатшӑн [illegible] пысӑк пӗлтерӗшлӗ пулнӑ. Меньшевиксен марксизма тӑшманла идейӑлла тата организацилле шухӑшӗсене Ленин нимӗн шеллемесӗр тӗрӗ шыв ҫине кӑларни [illegible] тӗнчери мӗнпур оппортунизма ҫав тери хӑватлӑн пырса ҫапни пулнӑ, мӗнпур ҫӗршывсенче революциллӗ юхӑма аталантарас ӗҫре калама ҫук пысӑк вырӑн йышӑннӑ. РСДРП-ӑн Иккӗмӗш съезчӗ тӗнчери рабочисен юхӑмӗнче улшӑну тунӑ пункт пулса тӑнӑ.

## II. Коммунистсен партийӗ пролетариат диктатуришӗн кӗрешни

6. РСДРП-ӑн Иккӗмӗш съездӗнчен пуҫласа Октябрьти Социализмла Аслӑ революци ҫӗнтеричченхи историлле ӗҫсен пӗтӗм тапхӑрӗ Коммунистсен партийӗ ҫӗршывра пӗртен-пӗр ертсе пыракан революциллӗ вӑй пулса тӑнине яр-уҫҫӑн ҫирӗплетсе панӑ. Российӑри виҫӗ революци историйӗ ҫакна кӑтартса пачӗ: пирӗн парти кӗске срок хушшинче (1903—1917 ҫ. ҫ.) политикӑлла питех те пысӑк ӗҫ туса ирттерчӗ; опыт пуянлӑхӗ енӗпе, марксистла теорие тарӑнӑн туса хатӗрлес тата революци пынӑ вӑхӑтра унпа творчествӑллӑн усӑ курас енӗпе халиччен тӗнчере ун пек пысӑк ӗҫ туни пулман; ҫав виҫӗ революци историйӗ Коммунистсен партийӗн стратегийӗпе тактикин аслӑ вӑйне тата пурнӑҫлӑхне, марксистла-ленинла теорин хӑвачӗпе никам ҫӗнтерейменлӗхне кӑтартса пачӗ.

Иккӗмӗш съездра Ленин ертсе пынипе пулса тӑнӑ большевиксен политикӑлла ушкӑнӗ, 1912 ҫулччен формальнӑ пӗрлӗхлӗ РСДРП-ра тӑнӑ пулсан та, Российӑри пролетариатӑн, хресченсен, мӗнпур халӑхсен тӗп интересӗсене тивӗҫтерекен революциллӗ ҫул-йӗре пӗр вӗҫӗмсӗр паттӑррӑн тытса пынӑ. Большевиксем Российӑри тата пӗтӗм тӗнчери рабочи юхӑмӗнчи пур йышши оппортунизма хирӗҫ те татӑклӑн та хаяррӑн кӗрешсе пынӑ.

7. Ленинӑн тава тивӗҫлӗ аслӑ ӗҫӗ ҫакӑнта пулать: вӑл вырӑссен пӗрремӗш буржуалла-демократилле революцийӗ аталанса пынӑ тапхӑрта партин большевикла тактикине, рабочи класӑн тактикине гениллӗ никӗслесе панӑ, Коммунистсен партийӗн политикӑлла (тактикӑлла) никӗсӗсене туса хатӗрленӗ. Вӑл буржуалла-демократилле революцире пролетариат гегемонийӗ пулмалли ҫинчен калакан идейӑна аталантарнӑ, ҫав вӑхӑт тӗлне пулса тӑнӑ историллӗ лару-тӑрура революци ҫӗнтерме кирлӗ тӗп услови вӑл—пролетариат ертсе пыракан союз, рабочи класпа хресченсен союзӗ пулнине кӑтартса панӑ. Ленин вырӑс марксисчӗсене буржуалла-демократилле революци социализмла революцие кусса пымалли яр уҫӑ малашлӑха кӑтартса панӑ. Вӑл марксизма пролетарилле революци ҫинчен калакан ҫӗнӗ теорипе пуянлатнӑ, Коммунистсен партийӗн революциллӗ тактикин никӗсӗсене хывнӑ. Ҫак тактика пулӑшнипе пролетариат, чухӑн хресченсемпе союз тытса, 1917 ҫулхи октябрьте пирӗн ҫӗршывра буржуази влаҫне сирпӗтсе антарчӗ, чӑн-чӑн халӑх влаҫне—рабочисемпе хресченсен депутачӗсен Совечӗн влаҫне, Советсен влаҫне туса хучӗ.

РСДРП-ри икӗ ҫул-йӗр хушшинчи кӗрешӳ—партие туса хунӑ вӑхӑтра идеологилле тата организацилле ыйтусем тӑрӑх революциллӗ, большевикла ҫул-йӗрпе оппортунистла, меньшевикла ҫул-йӗр хушшинче пуҫланса кайнӑ кӗрешӳ—вырӑссен пӗрремӗш революцийӗ вӑхӑтӗнче (1905—1907) уйрӑмах сивӗчленсе ҫитнӗ. Ун чухне малти вырӑна тактика ыйтӑвӗсем тухса тӑнӑ. Большевиксем халӑх революцине аталантарас, вӑл ҫӗнтермелле тӑвас, ӗҫҫыннисене патша йӗркипе помещиксен пусмӑрӗнчен хӑтарас, буржуалла-демократилле революцирен социализмла революци туса хурас ҫул-йӗр тытса пынӑ. Меньшевиксем пачах урӑхла ҫул-йӗр тытнӑ, вӗсем, революцире либералла буржуази гегемон пулмалла текен шухӑша тытса, революцие чарса лартасшӑн пулнӑ. Вӗсем буржуазипе килӗшсе ларас лачакана кӗрсе ӳкнӗ, рабочи юхӑмӗнче буржуази агентури пулса тӑнӑ.

8. Вырӑссен пӗрремӗш революцийӗ поражени тӳснӗ хыҫҫӑн большевиксем пысӑкланнӑ йывӑрлӑхсенчен хӑраса ӳкмен. Столыпинла реакцин тӗттӗм те йывӑр ҫулӗсенче, патша репрессийӗсемпе черносотенецсен террорӗ вӑйланнӑ условисенче большевиксен партийӗ хӑйӗн речӗсене тӗреклетсе пынӑ, массӑсемпе тытакан ҫыхӑнӑва вӑйлатас тесе уҫҫӑн тата вӑрттӑн кӗрешмелли майсемпе пӗлсе усӑ курнӑ. Большевиксем ҫӗнӗ революцие хатӗрленес ҫул-йӗр тытса пынӑ пулсан, меньшевиксем, пачах урӑхла, революцирен ытларах та ытларах каялла чакса пынӑ, пролетариатӑн вӑрттӑн ӗҫлесе тӑракан революциллӗ партине пӗтерсе лартас ҫул тытнӑ, вӗсем уҫҫӑнах ликвидаторсем пулса тӑнӑ. Большевиксен пӗр пайӗ марксистла принципӗсенчен уйрӑлса кайнӑ, партие массӑсенчен уйрӑлса кайнӑ сектантла организаци туса хурас ҫул ҫине тӗксе пынӑ, уйрӑммӑн илсен, рабочисен депутачӗсене Государство думинчен каялла чӗнсе илме ыйтнӑ. Партин ҫак пайне, ун чухне «отзовистсем» тенӗскерсене, Ленин тӑрӑ шыв ҫине кӑларнӑ, вӗсене «тӳнтерле ликвидаторсем», тенӗ.

Реакцин йывӑр условийӗсенче большевиксем, ленинецсем кӑна марксизма тӗрӗс тытса пынӑ, парти программинче кӑларса тӑратнӑ принципсене тӗрӗс тытса пынӑ; тӑшмансем Россия пролетариатне хӗҫпӑшалсӑрлатма, унӑн партине ҫӗмӗрсе тӑкма, революциллӗ марксизмӑн теорилле никӗсӗсене варалама тӑрӑшса тунӑ мӗнпур атакӑсене сирсе пӑрахнӑ. Ленинӑн асларан та аслӑ тава тивӗҫлӗ ӗҫӗ ҫакӑнта пулать: вӑл партишӗн ҫак йывӑр вӑхӑтра партин теорилле никӗсӗсене—коммунизмӑн теорилле никӗсӗ пулса тӑракан диалектикӑлла тата историлле материализма хӳтӗлесе хӑварса, малалла аталантарнӑ. Идея тӗлӗшӗнчен марксистла-ленинла пиҫӗхсе ҫирӗпленни, революцин малашлӑхне тӗрӗс ӑнланса илни партин тӗп чӑмӑрне—Ленин тавра пӗтӗҫсе тӑракан чӑмӑрне—партие хӳтӗлесе хӑварма, унӑн тӗп кадрӗсене сыхласа хӑварма май панӑ.

9. 1912 ҫулта Прагӑра партин Пӗтӗм Российӑри VI-мӗш конференцийӗ пулса иртнӗ. Конференци меньшевик-ликвидаторсене РСДРП-ран хӑваласа кӑларнӑ, ҫапла вара большевиксем татӑкланах хӑйне уйрӑм парти пулса тӑрассине пуҫласа янӑ. Пролетарилле партие оппортунистсенчен, меньшевик-ликвидаторсенчен тасатни партие малалла аталантарса пырас, унӑн речӗсенчи пӗрлӗхе тӗреклетес, ӑнӑҫлӑн пролетариат диктатури туса хурас ӗҫре татӑклӑ вырӑн йышӑнса тӑнӑ.

Ленин тата ертсе пыракан ленинла чӑмӑр тавра пӗрлешсе тӑнӑ большевиксем ҫӗнӗ сӑнарлӑ парти туса хурассишӗн ывӑнма пӗлмесӗр кӗрешни тулли ҫӗнтерӳ тунӑ.

10. Ҫӗнӗрен пысӑк хӑватпа пуҫланса кайнӑ революциллӗ ҫӗкленӳ (1912—1914 ҫулсем) рабочисем ҫӗнӗ революцие хатӗрленнине уҫҫӑн кӑтартнӑ. Ҫӗнӗ ҫапӑҫусем патне малалла вӗсене класс кӗрешӗвӗнче тӗрӗсленес пиҫӗхнӗ Коммунистсен партийӗ ертсе пынӑ.

Парти речӗсене тӗреклетес тата партипе масса хушшинчи ҫыхӑнӑва вӑйлатас, революциллӗ рабочисен ҫӗнӗ ӑрӑвне воспитани парас, ликвидаторсене, троцкистсене, отзовистсене тата ытти оппортунистсене хирӗҫ кӗрешес ӗҫре 1912 ҫулхи ҫуркунне Петербургри рабочисем пуҫарнипе туса хунӑ хаҫат, пирӗн партин кулленхи уҫҫӑн тухса тӑракан «Правда» хаҫачӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнӑ.

11. Империализм вӑрҫин йывӑр ҫулӗсенче (1914—1918 ҫ. ҫ.) большевиксен партийӗ революциллӗ-пролетарилле партин задачисен ҫӳлӗшӗнче тӑчӗ, социализм тата пролетарилле интернационализм ӗҫне тӗрӗс туса пычӗ. II-мӗш Интернационал партийӗсем социализм ӗҫне сутрӗҫ, вӗсем социал-шовинизм позицийӗ ҫине шуса анчӗҫ.

Вӑрҫӑ, мир тата революци ыйтӑвӗсем тӑрӑх марксистла-ленинла теорие ҫирӗп тытса пырса, большевиксем империализм вӑрҫинчен граждан вӑрҫи туса ярассишӗн, Российӑра империалистсен влаҫне сирпӗтсе антарассишӗн, мӗнпур ҫӗршывсенче империализм вӑрҫине хирӗҫ кӗрешекенсене пулӑшассишӗн пӗр пӑркаланмасӑр ҫирӗппӗн кӗрешсе пынӑ.

Творчествӑлла марксизм пуянлӑхне кӗнӗ чаплӑ парне вӑл—В. И. Ленинӑн «Империализм—капитализмӑн чи ҫӳлти сыпӑкӗ» ятлӑ классикла ӗҫӗ пулса тӑрать. Марксистла литературӑра пирвайхи хут Ленин хӑйӗн ҫак ӗҫӗнче империализма, унӑн тӗп хирӗҫӗвӗсемпе закономерноҫӗсене пур енчен те тарӑнӑн анализ туса панӑ, империализм вӑл капитализм аталанӑвӗнче чи ҫӳлти, ҫав вӑхӑтрах юлашки тапхӑр пулнине кӑтартса панӑ, «империализм вӑл—пролетариатӑн социаллӑ революци умӗ пулса тӑрать», тенӗ.

Ленин наука енӗпе ҫакна кӑтартса панӑ: капитализм XIX-мӗш ӗмӗр вӗҫне ҫитиччене ҫӗкленсе пынӑ пулсан, империализм саманинче вӑл вилсе пыракан капитализм пулса тӑнӑ, вӑл этемлӗхе нихҫан пулман пысӑк хӗн-хур, асап кӳрет. Ленин ку чухнехи монополилле капитализмӑн сыватма ҫук суранӗсене хӑюллӑн уҫса кӑтартнӑ. Ҫак сурансем пӗрремӗш тӗнче вӑрҫи вӑхӑтӗнче хытӑ паларнӑ. РСДРП-ӑн Иккӗмӗш съезчӗ вӑхӑтӗнче Ленин парти программинче вырӑс капитализмне хаяррӑн айӑпланӑ пулсан, пӗрремӗш тӗнче вӑрҫи ҫулӗсенче Ленин этемлӗхе ҫӗнӗ юнлӑ вӑрҫӑсемпе экономикӑлла катастрофӑсем патне илсе пыракан тӗнчери империализма наука енчен питӗ тӗрӗс тата революциллӗ питӗ сивӗччӗн айӑпланӑ.

Хӑйӗн «Хӑратса тӑракан катастрофа тата ӑна хирӗҫ мӗнле кӗрешмелле» ятлӑ, 1917 ҫулхи Октябрь умӗнхи кунсенче ҫырнӑ ӗҫӗнче Ленин ҫакӑн ҫинчен асӑрхаттарнӑ:

«Вӑрҫӑ ҫав тери пысӑк кризис туса хучӗ, халӑхӑн материальнӑй тата моралле вӑйӗсене ҫав тери вӑйсӑрлатса ҫитерчӗ, хальхи пӗтӗм обществӑлла организацие ҫав тери хытӑн пырса ҫапрӗ, ҫавӑнпа та этемлӗх ҫакӑн патне пырса тухрӗ: е пӗтмелле, е производствӑн ҫӳлте тӑракан меслечӗсем патне хӑвартрах тата татӑкланрах куҫма хӑйӗн кун-ҫулне чи революциллӗ класс аллине памалла».

Ленинӑн тава тивӗҫлӗ историлле ӗҫӗ ҫакӑнта пулать: вӑл империализма анализ тунӑ чухне, капитализм экономикӑпа политика тӗлӗшӗнчен тикӗс мар аталанса пыни ҫинчен хӑй уҫнӑ закон ҫине таянса, наука енӗпе аслӑ открыти тунӑ: вӑл капитализмӑн тӗнчери фрончӗн сӑнчӑрне унӑн вӑйсӑр сыпӑкӗнче татса ҫӗмӗрме пулни ҫинчен калакан гениллӗ вывод, социализм малтанлӑха нумай мар ҫӗршывсенче, е тата уйрӑммӑн илнӗ капитализмла пӗр ҫӗршывра та ҫӗнтерме пултарни ҫинчен калакан вывод туса, ӑна никӗслесе панӑ. Ку вӑл ҫӗнӗ, социализмла революци ҫинчен калакан пӗтӗмпех пулса ҫитнӗ теори пулнӑ. Вӑл марксизма пуянлатнӑ, ӑна малалла аталантарнӑ, уйрӑм ҫӗршывсенчи пролетарисене революциллӗ малашлӑх уҫса панӑ, хӑйсен нацилле буржуазийӗ ҫине тапӑнма вӗсене пуҫарулӑх панӑ, вӗсем пролетарилле революци ҫӗнтерӗвне шанса тӑрассине ҫирӗплетнӗ.

Коммунистсен партийӗ ертсе пыракан Российӑри рабочисем 1914—1918 ҫулсенчи тӗнче вӑрҫи вӑхӑтӗнче тӗнчери капитализм вӑйсӑрланнипе пирвайхи хут ӑнӑҫлӑн усӑ курнӑ, патша йӗркине сирпӗтсе антарнӑ, малтан буржуалла-демократилле революци ҫӗнтермелле туса хунӑ; вырӑссен иккӗмӗш революцийӗ ҫӗнтернӗ. Соглашателле партисем—меньшевиксемпе эсерсем хирӗҫ тӑнине ҫӗмӗрсе тӑкса, большевиксем буржуалла-демократилле революцирен социализмла революцие куҫас ҫул ҫине тӑнӑ.

12. 1917 ҫулхи февральпе октябрь уйӑхӗсем хушшинчи тапхӑрта пирӗн ҫӗршывра Коммунистсен партийӗ рабочи класӑн ытларахӑшне, рабочисемпе салтаксен депутачӗсен революци пынӑ вӑхӑтра тунӑ Совечӗсен ытларахӑшне хӑй майлӑ ҫавӑрас йывӑртан та йывӑр задачӑна пурнӑҫласа пынӑ, ҫӗнтерӳ тума, империалистсен влаҫне сирпӗтсе антарма социализмла революци енне миллионшар ӗҫҫыннисене ҫавӑрас, рабочи класпа ӗҫ хресченӗсем хушшинчи союза тӗреклетес задачӑна пурнӑҫласа пынӑ.

Хӑйӗн Апрельти чаплӑ тезисӗсенче Ленин ҫӗнӗ открыти тунӑ, ку открыти марксистла теорие малалла пуянлатнӑ. Вӑл акӑ мӗнле вывод патне пырса тухнӑ: пролетариат диктатурин политикӑлла чи лайӑх форми вӑл, марксистсем хушшинче халиччен шутланӑ пек, парламентла демократилле республика мар, Советсен республики пулса тӑрать. Ҫав гениллӗ открыти 1917 ҫулхи Октябрьте социализмла революци ҫӗнтермелле тӑвас, пирӗн ҫӗршывра Совет влаҫӗ ҫӗнтермелле тӑвас ӗҫре питӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнӑ.

Пирӗн ҫӗршывра буржуази пуҫ пулса тӑнине пӗтерсе лартассишӗн тата пролетариат диктатури туса хурассишӗн кӗрешӳ пынӑ вӑхӑтра Коммунистсен партийӗ ӗҫҫынни массисене пӗр пӗччен ертсе пынӑ, ылханлӑ капитулянтсем—троцкистсем, зиновьевецсем тата революцин ытти штрейкбрехерӗсем партие Ленин ҫулӗ ҫинчен пӑрса яма хӑтланнисене пурне те ҫӗмӗрсе тӑкнӑ. Российӑра капитализм кун-ҫулне ҫакӑ татса панӑ: миршӗн пыракан пӗтӗм демократилле кӗрешӗве, ҫӗре помещиксем тытса тӑрассине пӗтерессишӗн тата помещиксен ҫӗрӗсене хресченсен аллине парассишӗн пыракан хресченсен демократилле юхӑмне, пирӗн ҫӗршыври халӑхсен нацилле ирӗклӗх юхӑмне тата буржуазие сирпӗтсе антарса пролетариат диктатури туса хурассишӗн пыракан социализмла юхӑма парти пӗрлӗхлӗ хӑватлӑ революциллӗ кӗрешӗве пӗрлештерчӗ. Соглашателле, вак буржуалла партисене илес пулсан, вӗсем пурте (меньшевиксем, эсерсем, анархистсем) революци вӑхӑтӗнче хӑйсем халӑха хирӗҫ пыракан партисем пулнине, хӑйсем капитализм йӗркине сыхласа хӑварма тата тӗреклетме тӑрӑшнине тӑрӑ шыв ҫине кӑларчӗҫ.

Октябрьти Социализмла Аслӑ революци ҫӗнтерӗвӗ вӑл—пролетарилле революцин ленинла теорийӗ ҫӗнтерни пулса тӑчӗ. Российӑра капиталистсемпе помещиксен влаҫне сирпӗтсе антарса, империалистсен влаҫне сирпӗтсе антарса тата пролетариат диктатурине туса хурса, пирӗн парти РСДРП II-мӗш съезчӗ йышӑннӑ программӑна пурнӑҫа кӗртрӗ.

(Малалли 3-мӗш страницӑра).

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарчĕ

## (1903—1953)

(Малалли. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Социализмла революцие çĕнтерӳллĕн туса ирттерсе, Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршыва нациллĕ катастрофăран çăлса хăварчĕ, ăна тĕнчери империализмла пăхăнса тăракан çурмаколониллĕ çĕршыв пулассинчен хăтарчĕ, совет халăхне халиччен этемлĕх историйĕнче пулман социализмла аслă улшăнусен тумалли çул çине илсе тухрĕ.

Октябрьти Социализмла Аслă революци пек революци çĕнтересcине организацилеме малта пыракан революциллĕ теорипе хĕçпăшалланнă, питех те пултаруллă те паттăр парти, халăхпа Тăван çĕршыв интересĕсемшĕн кирек мĕнле йывăрлăха те çĕнтерме пултаракан парти, ĕçсыннисен анлă массисемпе питĕ тачă çыхăну тытакан парти кирлĕ пулнă. Аслă Ленин туса йĕркеленĕ тата пăхса ӳстернĕ Коммунистсен хăватлă партийĕ шăпах çавăн пек парти пулса тăрать те ĕнтĕ.

## III. Коммунистсен партийĕ социализм тăвассишĕн кĕрешни

13. Октябрьти Социализмла Аслă Революци этемлĕх историйĕнче çĕнĕ тапхăр—капитализм арканмалли тата социализмпа коммунизм çĕнтермелли тапхăр пуçласа ячĕ. Российăра совет революцийĕ çĕнтерни этемлĕх кун-çулĕнче тата пĕтĕм тĕнче историйĕнче тĕп улшăну тунине—кивĕ, капитализмла тĕнчерен çĕнĕ, социализмла тĕнчене куçнине пĕлтерчĕ.

Октябрьти революци капитализма вилĕм кӳрекен суранна амантрĕ, империализм никĕсĕсене кисрентересе хавшатрĕ, капитала хирĕç кĕрешме пĕтĕм тĕнчери пролетариата сăмăллăх кӳчĕ. Пирĕн Коммунистсен партийĕ нациллĕ вăйран пĕтĕм тĕнчери вăй, интернациональнăй вăй, пĕтĕм тĕнчери революциллĕ тата рабочи юхăмĕн «Ударнăй бригади» пулса тăчĕ.

Пролетариат диктатурине туса хунă хыççăн Коммунистсен партийĕ умне, ертсе пыракан парти умне рабочисемпе хресченсен тĕнчери пĕрремĕш социализмла государствине тăвас тата ăна хӳтĕлес задачăсем тухса тăчĕç.

Коммунистсен партийĕн çулпуçĕ, Совет правительствин пуçлăхĕ В. И. Ленин экономика тĕлĕшĕнчен кая юлнă Российăна социализмла хăватлă держава туса хумалли программăна наука енчен никĕслесе пачĕ. Çак программа çĕршыва социализмла индустриализацилеме, йывăр промышленноçа пур майсемпе те аталантарма, пĕтĕм халăх хуçалăхне электрификацилеме, ялхуçалăхне социализмла урăхлатса çĕнетес тĕллевпе кооперативла плана пурнăça кĕртме, культурăлла революци туса ирттерме палăртнă.

Пысăк йывăрлăхсене çĕнтерсе—хуçалăх юхăннине тата выçлăха пĕтерсе, ют çĕршыв интервенчĕсен тискер атакисене (Советлă Российăна хирĕç «14 государствăсен походĕ» текенскер) тата шалти контрреволюци мятежĕсене сирсе-сирсе пăрахса, Коммунистсен партийĕ пирĕн халăха интервентсене тата белогвардеецсене пĕтĕмпех çĕнтересси патне илсе çитерчĕ.

Интервенци тата граждан вăрçи çулĕсенче рабочисемпе хресченсем хăйсен çамрăк Совет республикине хӳтĕлесе çав тери паттăрла ĕçсем тунине истори нихçан та манмасть. Выçлăх та, хуçалăх ишĕлни те, топливо, тумтир, апат-пушмак çитменни те, тиф эпидемийĕсем те тата ытти йывăрлăхсем те, Российăна пайлама тата ăна империализмла державăсен колонийĕ туса хума ĕмĕтленнĕ империалистсен тискер агенчĕсем организациленĕ кулаксен мятежĕсем те,—нимĕн те пирĕн çĕршыври халăхсем эксплуататорла классене çĕнтерме, çĕнĕ, социализмла пурнăç тума пĕтĕм вăй-халпа тăрăшнине хавшатма пултарайман.

Çамрăк Совет республикишĕн питĕ пысăк йывăрлăх пулса тăнă вăхăтра, 1919 çулхи апрель уйăхĕнче, Ленин малашлăха витĕр курса тата çав тери ĕненсе шанчăклăн çапла каланă:

«Рабочисемпе хресченсен ытларахăшĕ,—тенĕ Ленин,—вĕсем хăйсен власне, Совет власне—ĕçсыннисен власне хӳтĕленине, вĕсене хăйсене те тата вĕсен ачисене те культурăн мĕнпур ырлăхĕсемпе, этем ĕçлесе тунă мĕнпур япаласемпе усă курма май туса паракан çĕнтерӳ ĕçне хӳтĕленине туйса тата ăнланса илнĕ халăха нихçан та çĕнтереймĕç».

Ленин мĕн тери тĕрĕс каланине истори лайăх кăтартса пачĕ.

Пролетариат диктатурине тулашрипе шалти контрреволюцие хирĕç пынă кĕрешӳсенче хӳтĕлесе хăварса, ют çĕршыв интервенчĕсене тата белогвардеецсене çапса аркатса, парти çĕнĕ экономикăлла политика никĕсĕ çинче строительство ĕçĕсене çав тери анлăн сарса ячĕ, халăхăн нихçан иксĕлми творчествăлла вăйĕсене Ленинăн социализм тумалли планне пурнăçлама мобилизацилерĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем социализм строительствин халичченхи никам тĕпчесе пĕлмен çулĕсемпе никамран малтан кайрĕç, çапла майпа пĕтĕм этемлĕхе ирĕклĕ те телейлĕ пурнăç патне пыма çул туса пачĕç.

14. Халăх хуçалăхне юсаса ура çине тăратас тĕлĕшпе партипе рабочи класс тăвакан паттăрла ĕçĕсем ăнăçлă пулса пынă май, çĕршыва аталантарас ыйту пĕтĕм вăйпа тухса тăчĕ.

Партин иккĕмĕш съезчĕ пулнă тапхăрта большевиксем рабочи юхăмĕнче революциллĕ çул çĕнтермелле пултăр тесе меньшевиксене хирĕç кĕрешнĕ пулсан, халĕ вара, пролетариат диктатури çĕнтернĕ условисенче, СССР Союзĕнчи социализм кунçулĕ пирки ыйту тухса тăнă. Партипе халăх тăшманĕсем—троцкистсем, бухаринецсем, буржуалла националистсем,—меньшевиксен хӳрешкисем пулса тăнăскерсем, капитулянтла позици йышăннă. Вĕсем партипе çĕршыва Ленинла çул çинчен пролетариллĕ революцин çĕнтерĕвĕсене пĕтермелли çул çине, капитализма каялла тавăрмалли çул çине пăрса яма хăтланнă. Коммунистсен партийĕ, В. И. Ленин ĕçĕсене малалла туса пынă аслă И. В. Сталин юлташ ертсе пыракан Центральнăй Комитет предательсемпе капитулянтсене аркатса тăкрĕ, ленинизма хӳтĕлесе хăварчĕ тата хамăр çĕршывра социализм тумалли сулйĕре çирĕппĕн пурнăçлама тытăнчĕ. Коммунистсен партийĕ ку ĕçре обществăн экономикăлла аталанăвĕн объективлă законĕсене, обществăн материальнăй пурнăçĕнчен тухса тăнă потребноçсене, халăх интересĕсене тĕп вырăна хучĕ. Пирĕн çĕршывра социализмла общество тума мĕн кирли пурте пур тата çителĕклĕ тесе Ленин каланине парти тĕп вырăна хучĕ.

15. Вăрçăченхи пилĕкçуллăхсенче совет халăхĕ парти туса хатĕрленĕ плана—çĕршыва социализмла индустриализацилемелли тата ялхуçалăхне коллективизацилемелли плана ăнăçлăн пурнăça кĕртсе пычĕ. Çав плана пурнăçланипе пирĕн Тăван çĕршыв малалла питĕ пысăк утăм турĕ, кая юлнă аграрлă çĕршывран хăватлă индустрилле-колхозла социализмла держава пулса тăчĕ.

Пирĕн çĕршывра эксплуататорла классене пачах пĕтерчĕ, çынна çын эксплуатациленине яланлăхах пĕтерсе хучĕ. Совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, историре чи малтан çĕнĕ обществăлла строй—социализм туса хучĕ. Социализм çĕнтерни ĕççĕрлĕхе пĕтерчĕ тата халăхăн материальнăй пурнăçне тĕпренех лайăхлатрĕ, ĕçсыннисене пуян та культурăллă пурнăма кирлĕ пур условисене те туса пачĕ. Çĕршывра чăннипех культурăллă революци туса ирттернĕ. Ленинла-сталинла наци политикине пурнăçласа, Коммунистсен партийĕ Российăри халăхсене нумай ĕмĕрсем хушши пынă социальнăй тата нациллĕ пусмăртан ирĕке кăларчĕ, ĕлĕкрех пусмăрта пурăннă халăхсем экономикăпа культура тĕлĕшпе кая юлнине пĕтерчĕ, пирĕн Тăван çĕршыври пур нацисене те пĕрлĕхлĕ тăванла çемьене пĕтĕçтерчĕ, нумай нациллĕ хăватлă государство—Советлă Социализмлă Республикăсен Союзне туса хучĕ. Социализм çĕнтернĕ никĕс çинче совет обществине малалла илсе пыракан вăйсем—моралĕ-политикăлла пĕрлĕх, ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ, совет патриотизмĕ аталанса тĕрекленчĕç.

Совет халăхĕн пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле çĕнтерĕвĕсене СССР Конституцийĕнче, социализм çĕнтернĕ тата социализмла демократи вăйлăн аталаннă çĕршыв конституцийĕнче çирĕплетсе панă. Коммунистсен партийĕн XVIII-мĕш съезчĕ (1939 çул) совет обществине малалла аталантармалли, социализмла общество туса çитермелли тата социализмран майĕпен коммунизма куçмалли программăна палăртса пачĕ. ССР Союзĕнче социализм туса çитерни—Ленин хушса хăварнисене пурнăçланин результачĕ, Коммунистсен партийĕн организаторла аслă ĕçĕн тата çул кăтартса хавхалантарса пынин, парти йĕслăн ертсе пынин, унăн политикине пĕр шухăш-кăмăлпа ырлакан рабочисен, хресчен, интеллигенцин паттăрла ĕçĕн результачĕ.

Пирĕн парти ленинизма çирĕппĕн пурнăçласа пынипе çĕнтерчĕ тата малашне те çĕнтерĕ. Вăл пирĕн кадрсемпе мĕнпур коммунистсене революциллĕ теорипе çине тăрса хĕçпăшалланма, Ленин туса хатĕрленĕ парти пурнăçĕн йĕркисене, парти руководствин большевикла принципĕсене çирĕппĕн пурнăçлама вĕрентет. И. В. Сталин 1941 çулхи апрелĕн 22-мĕшĕнче Ленин çинчен тата вăл хушса хăварнисен пĕлтерĕшĕ çинчен çапла каланă:

«Вăл, Ленин, большевиксен мĕнле ĕçлемелле, пире те çавăн пек ĕçлеме, хăрама пĕлмесĕр тата нимĕнле йывăрлăхсем умĕнче те чарăнса тăмасăр ĕçлеме вĕрентрĕ».

16. Совет Союзĕн Аслă Отечественнăй вăрçинче пирĕн обществăпа государство стройĕн хăвачĕ тата пурнăçлă вăйĕ питĕ хытă тĕрĕсленчĕ. Вăрçă кунĕсенче фашистла захватчиксене хирĕç пынă пĕтĕм халăхăн кĕрешĕвне ертсе тата хавхалантарса пыракан парти пулчĕ. Парти хăйĕн организаторла ĕçĕсемпе совет çыннисен пĕтĕм вăйĕсене пĕрлĕхлĕ тĕллеве пурнăçлама мобилизацилерĕ, çĕршывăн мĕнпур вăйĕсемпе майĕсене тăшмана çапса аркатма пăхăнтарчĕ. Парти рабочи класа, хресченсене, интеллигенцие йывăрлăхсене паттăррăн çĕнтерме мобилизацилерĕ, ĕçри хастарлăха çĕклесе пычĕ, халăх хуçалăхне фронт валли ĕçлеттермелле турĕ, çĕршыва пĕрлĕхлĕ боевой лагерь туса хучĕ. Вăрçă çулĕсенче Коммунистсен партийĕ халăхпа тата ытларах тăванланчĕ, ĕçсыннисен анлă массисемпе тата ытларах çыхăнчĕ. Вăрçă вăхăтĕнчи аслă тĕрĕслӳ кунĕсенче парти çĕнтерӳ патне пымалли çул çинчи пысăк йывăрлăхсемпе чăрмавсене çĕнтерчĕ, çапла майпа парти хăй пĕрлĕхлĕ боевой организаци пулнине тата хăйĕн речĕсенче сулăнчăксем тата пĕр пек мар шухăшсем çуккине çĕнĕрен кăтартса пачĕ.

Фашистла агрессорсене çĕмĕрсе аркатса, совет халăхĕ, мухтавлă Совет Çарĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне хӳтĕлесе хăварчĕç, Европăпа Азири халăхсене фашистла пусмăрлăх харушлăхĕнчен çăлса хăварчĕç. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче социализм фашизма çĕнтернĕ май социализмпа демократи вăйĕсем малалла ӳссе тĕрекленчĕç, империализмпа реакци позицийĕсем хавшарĕç. Европăпа Азири чылай çĕршывсем капитализм системинчен тухса ӳкрĕç, вĕсенче халăх демократи режимĕ пулса çирĕпленчĕ. Китайра халăх революцийĕ çĕнтерни тата Китай Халăх Республикине туса хуни социализмпа демократин питĕ пысăк çĕнтерĕвĕ пулчĕ. Совет Союзĕн позицийĕсем нумай вăйланса тĕрекленчĕç, унăн авторитечĕ тата пĕтĕм тĕнче аталанăвĕнчи влиянийĕ ӳсрĕ.

17. Вăрçă хыççăнхи çулсенче вăрçăн йывăр суранĕсене юсас тата вăрçă кӳрсе хăварнă йывăрлăхсене пĕтерес тĕлĕшпе совет халăхĕн питĕ хытă тăрăшмалла пулчĕ. Коммунистсен партийĕ хавхалантарса тата организацилесе пынипе пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем халăх хуçалăхне нихçан пулман кĕске срокрах юсаса çитерчĕç тата совет экономикипе культурин мĕнпур отраслĕсене малалла аталантарчĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ совет халăхĕн кĕрешӳпе çĕнтерӳсен чаплă итогĕсене турĕ тата пирĕн çĕршыва малалла аталантармалли программăна кăтартса пачĕ. Съезд партин никам аркатайми пĕрлĕхĕпе пĕрлĕхлĕ шухăш-кăмăлне, партипе халăх таччăн пĕтĕçсе тăнине, парти пирĕн çĕршыври халăхсене коммунизм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерме хатĕр пулнине çĕнĕрен кăтартса пачĕ.

КПСС XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене пурнăçласа, парти халăх хуçалăхĕпе культурăн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла аталантарса пырать. СССР Союзĕнчи социализмла экономика тунă пысăк çитĕнӳсем тата культура чечекленсе вăйланни рабочи класпа колхоз хресченĕсен çирĕп пĕрлĕхĕнчен, пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕ тĕрекленсе пынинчен, совет халăхĕн моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ тăтăшах çирĕпленсе пынинчен килчĕç. Çакă вăл Коммунистсен партийĕ туса хатĕрленĕ политикăна, массăсен творчествăлла активлăхĕ çине таянса тăракан тата пĕтĕм совет обществи ырлакан политикăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пынин результачĕ пулать.

Совет Союзĕ, хăватлă та творчествăлла вăйсене туллин аталантарнă çĕршыв, коммунизм обществи тумалли çулпа малалла ăнăçлăн пырать.

## IV. Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвакан совет обществин организацилесе тата хавхалантарса пыракан вăйĕ

18. Коммунистсен партийĕ халăх массисен çулпуçĕпе организаторĕн рольне ăнăçлă пурнăçласа пырать, мĕншĕн тесен вăл пĕр шухăшлă çынсен-коммунистсен, пĕр шухăш-кăмăлпа, пĕр тĕллевпе тата пĕр дисциплинăпа пĕтĕçнĕ коммунистсен боевой союзĕ. Коммунистсен партийĕн мĕнпур ĕçĕсем халăха, ĕçсыннисен революциллĕ вăй-хăватне тарăннăн ĕненсе тăнипе пулса пыраççĕ. Пирĕн парти çакна тĕп вырăна хурать: рабочисемпе хресченсем, пурнăçăн мĕнпур ырлăхĕсене тăвакансем,—чăннипех истори тăвакансем пулса тăраççĕ, «кам халăха ĕненет, халăх творчествин чĕрĕ çăлкуçне шанса тăрать, çавă кăна влаçа çĕнсе илме тата ăна тытса тăма пултарать» (Ленин). Парти вăйĕ—вăл халăхпа ним уйрăмми тачă пĕтĕçсе тăнинче. Халăх вăйĕ—парти тавра пĕтĕçсе тăнинче.

Пирĕн партин пĕтĕм историйĕ марксизм-ленинизм пурнăçланса пыни пулать. Марксистла-ленинла теорие пурнăçласа пырса, объективлă экономикăлла законĕсене пĕлсе, Коммунистсен партийĕ наука енчен никĕсленĕ тата практикăра тĕрĕсленĕ политика туса хатĕрлерĕ. Çак политика обществăн ӳссе пыракан материальнăй пурнăçĕн потребноçĕсене, халăхăн тĕп интересĕсене палăртса тăрать. Коммунистсен партийĕ массăсен революциллĕ вăй-хăвачĕпе революциллĕ творчествине хавхалантаракан тата организаторĕ пулса тăрать. ССР Союзĕнчи социализм строительствин питĕ пуян опытне тата пĕтĕм тĕнчери ирĕке тухассишĕн пыракан ку чухнехи юхăмăн опытне пĕтĕçтерсе, И. В. Сталин историллĕ çĕнĕ условисене шута илсе марксистла-ленинла вĕрентĕве творчествăлла малалла аталантарчĕ тата нумай ыйтусем енĕпе революциллĕ теорие çĕнĕ положенисемпе пуянлатрĕ.

19. Халĕ коммунистсен партийĕ коммунизм строительствин малашнехи пысăк задачисене, нумай нациллĕ социализмла государствăна малалла тĕреклетес, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурăлла шайне пĕрмаях ӳстерес задачăсене татса парас тĕлĕшпе ĕçлет.

Пирĕн çĕршывра коммунизм обществи туса çитерме мĕн кирли пурте пур. Пирĕн çĕршывăн çутçанталăк пуянлăхĕсем çав тери нумай. Пирĕн социализмла индустри, пур енĕпе те вăйлăн аталаннă йывăр промышленность—социализмла экономикăн никĕсĕсен никĕсĕ пур. ССР Союзĕнчи çăмăл тата апатçимĕç промышленноçĕ хуласемпе ялсенчи ĕçсыннисен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултарать. Ку чухнехи малта пыракан техникăпа пуянланнă совхозсемпе колхозсем мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата обществăлла вылăхчĕрлĕх тупăшне пысăк хăвăртлăхсемпе ӳстерме пултараççĕ.

Çапах та пирĕн хуçалăхри кая хăвармасăр пурнăçламалли хăшпĕр ыйтусене татса парайман-ха, юлса пыракан предприятисем тата промышленноçăн кая юлса пыракан отраслĕсем те пур, хăшпĕр колхозсемпе ялхуçалăхла районсем юлса пыраççĕ. Парти, совет, профсоюз тата комсомол организацийĕсем совет халăхĕн творчествăлла вăйĕсене халăх хуçалăхне малалла вăйлатас ĕçе мобилизацилеме, партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлас тесе, промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи резервсемпе тата ытти мĕнпур майсемпе усă курма мобилизацилеме тивĕç.

20. Коммунистсен партийĕ ĕçсыннисен пĕрмай ӳссе пыракан материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене тивĕçтересcишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Совет çынин ырлăхĕшĕн тата пĕтĕм совет халăхне чечеклентерессишĕн тăрăшасси пирĕн партишĕн аслă закон пулса тăрать.

Социализмла экономикăна аталантарас ĕçре тунă çитĕнӳсем совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культурăлла шайне палăрмаллах лайăхлатма май пачĕç. Ку вăл наци тупăшĕ пĕрмаях ӳссе пынинчен, куллен кирлĕ таварсен хакĕсене тăтăшах йӳнетнинчен, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи тата хресченсен тупăшĕсем ӳснинчен курăнать. Совет государстви пурăнмалли çуртсем тума, сывлăха сыхлас, халăха вĕрентес ĕç валли çултан-çул ытларах та ытларах укçа-тенкĕ уйăрса парать. Çапах та çакă вăл тунă çитĕнӳсемпе лăпланса лармаллине пĕлтермест. Çавăнпа парти пурăнмалли çуртсем, шкулсем, больницăсем лартас ĕçе сарса пыма тата çак мĕнпур ĕçсене организацилессине лайăхлатма тепĕр хут ытларах та ытларах тăрăшать.

Парти наукăна, литературăна, искусствăна чечеклентерме тăрăшни формипе нациллĕ, содержанипе социализмлă совет культурине вăйлатма май пачĕ. Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурăлла шайне ӳстерессине Коммунистсен партийĕ малашне те хăйĕн пĕрремĕш тивĕçĕ пулса тăрать тесе шутлать.

21. Тулашри политика тĕлĕшпе партин тĕп тĕллевĕ совет халăхĕн мирлĕ ĕçне хӳтĕлесе хăварасси, мире хӳтĕлесе хăварасси тата çĕнĕ вăрçă пулмалла мар тăвасси пулать. Коммунистсен партийĕ çапла шутлать: мир политики пĕртен-пĕр тĕрĕс политика, совет халăхĕн тата мире юратакан мĕнпур халăхсен пурнăç интересĕсене тивĕçтерекен политика пулса тăрать.

Пирĕн парти хăйĕн пĕтĕм тулашри политикинче икĕ система—социализмпа капитализм системисем—нумай вăхăт хушши пурăнма тата мирлĕ ăмăртма пултарни çинчен Ленин каланине тĕп вырăна хурать. Интервентсен тĕп вăйĕсене çапса аркатнă хыççăн, Ленин çапла кăтартса панă: «Эпир хамăр валли капитализмла державăсемпе юнашар пурăнма условисем çĕнсе илтĕмĕр, вĕсен халĕ пирĕнпе ирĕксĕрех суту-илӳ çыхăнăвĕсем тумалла пулчĕ... Пирĕн сывлăш çавăрмалли вăхăт кăна мар,—пирĕн çĕнĕ тапхăр пур, эпир çавна пула капитализмла государствăсен йĕритавралăхĕнче пурăнма пултарассине çĕнсе илтĕмĕр».

Ленин ун чухнех буржуалла чылай государствăсем Совет Российипе суту-илӳ тума экономика тĕлĕшпе интересленни çинчен каланă: «Буржуалла государствăсен Российăпа суту-илӳ тăвас пулать: экономикăлла çыхăнусен ку е урăх йышши формисем пулмасан, вĕсен арканăвĕ халиччен пекех, малашне те вăйланса пыма пултарнине вĕсем пĕлеççĕ; вĕсем хăйсен хаçачĕсенче тата тĕнчипе саракан телеграммисенче питĕ чаплă çитĕнӳсем туни çинчен çырса тултарнине пăхмасăрах, хăйсене мухтанине пăхмасăрах, вĕсен экономики каялла чакса пырать...»

Коммунистсен партийĕ Ленинăн çак кăтартăвне тăтăшах пурнăçлать тата малашне те пурнăçласа пырать.

Эпир икĕ система нумай вăхăт хушши пурăнса пĕр-пĕринпе мирлĕ ăмăртма пултарнине тĕп никĕсе хуратпăр, мĕншĕн тесен эпир хуçалăхăн социализмла системин, социализмла стройăн лайăх енĕсене çирĕппĕн шанса тăратпăр, хамăрăн шалти вăйсене тата мир, демократипе социализмăн тăтăшах ӳссе пыракан лагерĕн вăйĕсене çирĕппĕн шанса тăратпăр.

Çав вăхăтрах çакна та шута илмесĕр хăварма çук: хирехирĕçӳсене пула хавшаса пыракан империализм лагерĕнче экономика çирĕп пулманни, çавăн пекех ертсе пыракан ушкăнсем тытса пыракан политика, миртен хăраса щикленесси патне, икĕ системăн мирлĕ ăмăртăвĕнчен хăрасси патне çитиех, капитализмла система малашне те çирĕп пулассине ĕненме пăрахасси патне илсе çитернĕ политика хавшани малалла ӳссе пырать. Çакăн çинчен Европăпа Америкăри экономистсен хăшпĕр сăмахĕсем калаççĕ, вĕсем социализмпа демократи лагерĕнчи экономика хăвăрт тата тăтăшах ӳссе пынине, çав хушăрах капитализм лагерĕнче экономикăлла йывăрлăхсем ӳссе пынине йышăнаççĕ. Çавнашкал лару-тăрура империалистла реакциллĕ вăйсем, империалистсем социализмпа демократи лагерьне хирĕç тĕрлĕ провокацисем, авантюрăсемпе диверсисем тăвассине вăйлатаççĕ. Çакă вăл пирĕн Советлă Тăван çĕршывăн оборонине кирлĕ чухлĕ çирĕплетме пур майсемпе те тăрăшма хушать.

Кунпа пĕрлех мирĕн, демократин тата социализмăн хăватлă лагерьне малалла тĕреклетес ĕçе, совет халăхĕ Аслă Китай халăхĕпе, халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕçсыннисемпе туслă пулса килĕштерсе пурăнассине малалла ӳстерсе пырас ĕçе парти хăйĕн чи таса тивĕçĕ тесе шутлать.

22. Пирĕн парти çĕршыври пĕртен-пĕр парти пулса тăрать. Вăл совет обществинче ертсе пыракан роль йышăнать. Коммунистсен партийĕ ертсе пыни совет стройĕн вăй-хăвачĕпе тĕреклĕхĕн тата пирĕн халăхăн мĕнпур çитĕнĕвĕсен тĕп условийĕ. Кунпа пĕрлех çакна асра тытас пулать: пирĕн партин монополиллĕ лару-тăрăвĕ, уйрăмах капитализмла йĕритавралăх условийĕсенче, класс тăшманĕн каварĕсене хирĕç революциллĕ сыхăлăха ӳстерсе пыма хушать.

Ертсе пыракан парти ретне, ун çинчен Ленин пĕр хут кăна мар асăрхаттарнă, тĕрлĕ карьеристсем хĕсĕнсе кĕреççĕ. Çакна манма юрамасть: халăх тăшманĕсем, буржуалла перерожденецсем, тĕнчери империализм агенчĕсем коммунист ячĕпе питĕ чееен витĕнсе, тăшманла ирсĕр ĕçсен тума парти ретне йăпшăнса кĕме хăтланнă тата малашне йăпшăнса кĕме пăхĕç. Çавăнпа та коммунистсемпе мĕнпур ĕçсыннисен революциллĕ сыхăлăхне ӳстересси парти организацийĕсен политикăлла воспитанилле ĕçĕн чи кирлĕ задачи пулса тăрать.

23. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн çур ĕмĕр хушшинчи пĕтĕм историйĕ парти руководствин Ленин туса хатĕрленĕ принципĕсемпе парти пурнăçĕн нормисем пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине кăтартса парать. Парти çапла вĕрентет: парти строительствин çак законĕсене пĕр пăркаланмасăр пурнăça кĕртсе пымалла, парти руководствин аслă принципне—коллективлăн ертсе пырассине тата парти Уставĕ хушнисене çирĕппĕн тытса пымалла. Партин пропагандăлла ĕçĕн практикинче уйрăм çынсен историри ролĕ çинчен тăракан ытлăла тĕрĕс мар, марксистла мар çутатнине пĕтерес пулать, уйрăм çынсен рольне ытлашши ӳстерсе хаклание, марксизмленинизмшăн ют, идеалистла теорие пропагандăлассине пĕтерес пулать. Уйрăм çынсене ытлашши ӳстерсе мухтани вăл коллективлăн ертсе пымалли принципа хирĕç пырать, парти рольне, унăн ертсе пыракан центрĕн рольне чакарасси патне, парти массине совет халăхĕн творчествăлла активлăхне вăйсăрлатасси патне илсе пырать; уйрăм çынсене ытлашши мухтани вăл ертсе пыракан органсемпе ертсе пыракан деятельсен ертсе пырас ĕçри пысăк пĕлтерĕшне марксистла-ленинла ăнланнипе нихăш енчен те сыхăнса тăмасть. Парти çакна тĕп вырăна хурать: Центральнăй Комитетăн коллективлă опычĕ, коллективла ăсĕ кăна, марксистла-ленинла теорин наукăлла никĕсĕ тата ертсе пыракан кадрсен анлă пуçарăвĕ çине таянса тăракан опычĕпе ăсĕ кăна партипе çĕршыва тĕрĕс ертсе пыма, парти речĕсенче çирĕп пĕрлĕхпе пĕтĕçӳлĕх туса хума, пирĕн çĕршывра ăнăçлăн коммунизм тума май парать.

Парти ăшĕнчи демократие вăйлатас енĕпе, çитменлĕхсемпе чирлĕ енсене хирĕç кĕрешес ĕçе коллективлăн ертсе пырассине лайăхлатас енĕпе самокритика тата, уйрăмах, аялтан килекен критика хăватлă хĕçпăшал пулса тăрать. Критикăпа самокритикăна хăюллăн вăйлатса пырса, парти коммунистсемпе мĕнпур ĕçсыннисен творчествăлла активлăхне аталантарать, вĕсен вăйне ĕçри çитменлĕхсемпе йывăрлăхсене пĕтерес çулпа илсе пырать, коммунизм строительствин мĕнпур участокĕсенче пĕтĕмĕшле çĕкленӳсем тума тăрăшать.

24. Коммунистсене марксистла-ленинла воспитани парасси çине парти уйрăмах тимлĕн пăхать. Парти членĕсемпе парти членĕсен кандидачĕсен идейăллă шайне вĕçĕмсĕр ӳстерсе пыни—пурнăçăн мĕнпур облаçĕсенче вĕсен авангардлă рольне ӳстерме, парти массисен активлăхне аталантарма кирлĕ паха услови пулса тăрать.

Пирĕн партин пропагандăлла ĕçĕнче хальхи вăхăтра марксистла-ленинла теорие вĕренес ĕç çине начетникла, догматикла пăхнине пĕтересси нихçанхинчен те ытларах кирлĕ. Марксистла-ленинла теори догма мар, ĕçри руководство пулнине шута илсе, парти коммунистсене уйрăм формулировкăсемпе цитатăсене мар, марксизм-ленинизмăн творчествăлла характерне ăнланса илме, Маркс—Энгельс—Ленин—Сталинăн пурне те çĕнтерекен, тĕнчене урăхлатса çĕнетекен революциллĕ вĕрентĕвĕн чăн-чăн пĕлтерĕшне ăнланса илме хушать. Шăпах та çапла тума вĕрентет пире Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн пĕтĕм историйĕ.

Çак положенисене манни, марксистла-ленинла теори çине тивĕçлипе пăхманни, паянхи ĕçпе кăна пурăнасси, ĕçре малашлăха çухатасси патне илсе пырать. Кулленхи практикăлла ĕçе партин тĕп задачисемпе, вăл коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешнипе çыхăнтарма пĕлменни вара çавнашкал делята-крохоборсем хăйсен практикăлла ĕçне те начар туса пырасси патне илсе пырать.

25. Социализмран майĕпен коммунизма куçса пынă условисенче ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парасси пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çакна манма юрамасть: пирĕн обществăра çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене чылай енчен пĕтерсе çитереймен-ха. Пирĕн хушăмăра капитализмла йĕритавралăхран тата буржуалла шухăш, вăл шутрах националистла шухăш тытакансем енчен пирĕншĕн ют шухăшсемпе идейăсем килсе кĕме пултараççĕ. Коммунистсен партийĕ массăсем хушшинче пĕтĕм политикăлла воспитани ĕçне, коммунистсене тата пĕтĕм халăха коммунизмăн аслă ĕçĕ çĕнтересси шанса тăма, партипе социализмла Тăван çĕршыва чĕререн юратма воспитани парас ĕçе лайăхлатас задача лартать.

Ĕçсыннисене совет патриотизмĕ майлă, СССР халăхĕсен çирĕп туслăхĕ майлă, пролетариллĕ интернационализм майлă, мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисемпе тăванла сыхăну тытасси майлă воспитани парасси хăйĕн таса тивĕçĕ пулать, тесе шутлать парти. Буржуалла национализм палăрăмĕсене хирĕç, буржуалла пăсăк идеологие хирĕç таткăлăн кĕрешсе пыни кирлĕ.

26. Шалти политика енĕпе илсен, парти хăйĕн пысăк задачисенчен пĕри—совет çыннисен пĕрмай ӳссе пыракан ыйтăвĕсене туллин тивĕçтермелле тăвассишĕн малашне те куллен тăрăшасси пулать, тесе шутлать. Халăх хуçалăхĕ ӳссе пынипе пула социализмла обществăри ĕçсыннисен пурнăç шайĕ вĕçĕмсĕр ӳссе пырать, вĕсен материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене тивĕçтересси вара тата туллирех те тата нумай енлĕрех пулса пырать.

Тулашри политика енĕпе илсен, парти малашне те мира сыхласа тăрас тата тĕреклетес политика, мĕнпур çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлес, пĕр-пĕрин интересĕсене хисеплемелли принципа тăрăх вĕсемпе тытакан ĕçлĕ çыхăнусене аталантарас политика тытса пырать. Халăхсем хушшинче нумай вăхăт пыракан çирĕп мир туса хуни кăна социализмла экономикăн малалла вĕçĕмсĕр ӳстерсе пыма, пирĕн çĕршыври ĕçсыннисене телейлĕ те пуян пурнăçпа пурăнма условисем туса парать.

27. Коммунизм обществи тăвассишĕн кĕрешес ĕçре пирĕн Совет государстви хăватлă хĕçпăшал пулса тăрать. Унăн граниçĕ пек çирĕп никĕсĕсене аслă Ленин хывнă. Коммунистсен партийĕ хăйĕн задачи вăл — нумай нациллĕ Совет государствине малалла тĕреклетсе пырасси, рабочи класпа хресченсен хушшинчи союза, халăхсен туслăхне тĕреклетесси, хамăрăн Тăван çĕршыва тăшмансен агрессиллĕ ĕçĕсенчен сыхласа тăма активлă оборонăна пур майсемпе те вăйлатасси пулать, тесе шутлать. Совет государствине тĕреклетесси—пирĕн çĕршыври ĕçсыннисен патриотла тивĕçĕ, çавăнпа пĕрлех тата вĕсен интернационалла таса обязанноçĕ пулса тăрать.

* * *

Халăхпа тачă пĕрлешсе, пирĕн парти çĕнĕ çĕнтерӳсем патне шанчăклăн пырать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн июль уйăхĕнче пулса иртнĕ Пленумĕ пирĕн Коммунистсен партийĕ никам çĕмĕрейми çирĕп пĕрлĕхлĕ пулнине, вăл хăй умĕнче шалти тата тулашри политика енĕпе тăракан задачăсене пурнăçлама хатĕр тăнине кăтартса пачĕ.

Ленинизм ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе—малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!

***КПСС Центральнăй Комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕ.***

***КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин институчĕ.***

## Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ уçăлнă

БУХАРЕСТ, июлĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Паян Румыни Халăх Республикин столицинче Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ уçăлнă.

Çамрăк ăрăвăн тĕнчери 80 ытла çĕршывран нынă представителĕсене (нумай делегацисем çул çинче-ха) Бухарест хавасăн, хăнасене йышăннă пек, ăшă кăмăлпа кĕтсе илнĕ. Хулана уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Унта пурăнакансем кăмăллăса калана тăрăх, хула çамрăкланнă. Бухарестра пурăнакансем тата Румынири пĕтĕм халăх мирпĕн, халăхсем пĕр-пĕринпе мирлĕн килĕштерсе ĕçлесе пурăнассишĕн чунтан-чĕререн ĕмĕтленнине пур çуртсем те аса илтереççĕ. Çуртсем çинче, урамсенче, площадьсенче—пур çĕрте те нумай тĕслĕ ялавсем, пысăк ӳкерчĕксем, лозунгсем, Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн, Студентсен пĕтĕм тĕнчери союзĕн çамрăксемпе студентсен мирпе туслăхшăн кĕрешес ыйтупа пухăнакан пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивалĕн эмблемисем.

Мирпе туслăх!—çакă вăл Демократиллĕ çамрăксен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн чĕнĕвĕ. Çак чĕнӳ праçник чухнехи пек илемлетнĕ Бухарестра ӳççĕн палăрса тăрать. Çак чĕнӳ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери конгресĕн ĕçĕнче тĕп вырăн йышăнса тăмалла.

Конгреса тĕрлĕ шухăшлă, тĕрлĕ раса тата национальность çамрăкĕсем, тĕрлĕ социальнăй ушкăнран тухнă çамрăксем пухăннă. Çавăн пек тĕрлĕ сыпсем пухăнни конгреса чăнкипех те мирпе тата хăйсен пурнăç прависене хӳтĕлеме тăрăшакан çамрăксен ассамблейи туса хурать.

Конгресс уçăлнă çĕре пухăннă йышлă хăнасем хушшинче çаксем пулнă: Румыни Халăх Республикин Аслă Наци пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Петру Гроза доктор, К. Пархон академик, Икуо Оима, Элиза Бранко, Канделария Родригес, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн представителĕ Эмиль Отто.

Конгреса Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Жак Дени кĕске сăмах каласа уçнă.

Пĕр шухăшлă пулса çакăн пек кун йĕрки йышăннă: Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери иккĕмĕш конгресĕ пулнăранпа тунă ĕçсем тата çамрăксен мирпе хăйсен прависемшĕн кĕрешес ĕçри задачисем.

Румыни Халăх Республикин Наука академийĕн президенчĕ Траян Савулеску саламлă сăмах тухса каланă.

Паянхи ларăва Ренато Тезеп (Итали), Биль Уилмот (Канада), Соланкае Дироджанде (Нигери) председатель пулса ертсе пынă.

Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери иккĕмĕш конгресĕ пулнăранпа тунă ĕçсем çинчен тата çамрăксен мирпе хăйсен прависемшĕн кĕрешес ĕçри задачисем çинчен федераци Совечĕ ячĕпе Жак Дени доклад тунă.

## Кореяри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем июлĕн 1-мĕшпе 18-мĕшĕ хушшинче фронтăн уйрăм участокĕсенче тата хĕвеланăйĕнчи çыран сыврăхĕнчи утравсем çинче Ли Сын Ман çарĕсен атакисене ăнăçлăн сире-сире янă.

## Июлĕн 27-мĕшĕ—Корейăра перемири тăвас пирки хатĕрленĕ килĕшӳ çине алă пусмалли кун

### Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусене хутшăнакан Корейăпа Китай делегацийĕ пĕлтерни

ПЕКИН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусене хутшăнакан Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Перемири çинчен пыракан калаçусене хутшăнакан делегацисем Корейăра перемири тăвасси çинчен пĕтĕмпех калаçса татăлнă. Делегацисем килĕшӳ çине малтан Паньмыньчжоньре июлĕн 27-мĕшĕнче, Корея вăхăчĕпе ирхине 10 сехетре алă пусмалла, ун çине Китайпа Корея делегацийĕн пуçлăхĕ Нам Ир генералпа тепĕр енĕн делегацийĕн пуçлăхĕ Уильям К. Гаррисон алă пусмалла, тесе йышăннă. Унтан килĕшĕве, пĕр енчен, Корея Халăх çарĕн верховнăй командующийĕ Ким Ир Сенпа Китай халăх добровольцĕсен командующийĕ Пын Дэ-хуэй патне, тепĕр енчен—Пĕрлешнĕ нацисен çарĕсен главнокомандующийĕ Марк К. Кларк патне алă пусма ярса пăраççĕ.

Делегацисем çапла йышăннă: икĕ енĕн делегацийĕсен пуçлăхĕсем килĕшӳ çине алă пуснă вăхăта перемири пирки тунă килĕшӳ çине официальнăй йĕркепе алă пуснă вăхăт тесе шутламалла.

Çапăçма чарăнас пирки йышăннă условисем пурте, перемири çинчен тунă килĕшĕвĕн ытти условисем те, икĕ делегаци калаçса татăлса йышăннă хушса çырнисемпе тӳрлетӳсем те килĕшӳ çине официальнăй йĕркепе алă пуснă хыççăн 12 сехет иртсен, Корея вăхăчĕпе июлĕн 27-мĕшĕнче каçхине 10 сехетре вăя кĕреççĕ.

## Корейăри перемири

### *Перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснă*

ПЕКИН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Пекинри радио çакăн çинчен пĕлтернĕ: паян ирхине Паньмыньчжоньре Корейăра перемири тăвас пирки хатĕрленĕ килĕшӳ çине алă пуснă.

Килĕшӳ çине пĕр енчен—Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен делегацийĕн пуçлăхĕ Нам Ир генерал, тепĕр енчен—ООН çарĕсен командованийĕн делегацийĕн пуçлăхĕ Гаррисон генерал-лейтенант алă пуснă.

Радио килĕшӳ текстне пĕлтернĕ.

Килĕшӳ çине делегацисен пуçлăхĕсем Корея вăхăчĕпе ирхине 10 сехетре алă пуснă. Килĕшӳ çине алă пуснă хыççăн 12 сехет иртсен, çапăçма чарăнмалла.

## Тинĕс-Çар Флот кунне республикăра паллă турĕç

Республикăри хуласемпе район центрĕсенче, машина-трактор станцийĕсенче, колхозсенче ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Флочĕн кунне паллă турĕç. Шыв станцийĕсемпе парксенче тата стадионсенче спорт енĕпе ăмăртусем ирттерчĕç, ĕççыннисем совет морякĕсемпе тĕл пулчĕç.

Шупашкарти шыв станцийĕ. Ирхине 10 сехет. Атăл хĕррине халăх йышлăн пухăннă. Республикăри ДОСААФ оргкомитечĕн председателĕ Н. Трофимов юлташ Тинĕс-Çар Флот кунĕ ячĕпе ĕççыннисене саламлать, совет морякĕсем хамăр Тăван çĕршывăн тинĕс чиккисенче сыхă тăни çинчен, Совет Союзĕнчи ĕççыннисем пилĕкмĕш пилĕкçуллăхра производствăра çĕнĕ çитĕнӳсем туса пыни çинчен калать.

Малтанах хулари предприятисемпе учрежденисенчи ДОСААФ членĕсем 400 метра ишес тĕлĕшпе ăмăртрĕç.

Тӳпере самолет кĕрлени илтĕнсе кайрĕ. Унччен те пулмарĕ шап-шур куполсем курăна-курăна кайрĕç: республикăри аэроклуб парашютисчĕсем самолет çинчен Атăл çине сикеççĕ. Парашютистсем Тинĕс-Çар Флот кунĕ умĕн—шăматкун та Атăл çине йышлăн сикрĕç. Вырсарникун тата 30 парашютист ытла хăйсен ăсталăхне кăтартрĕç. Шыв çине çакăн пек массăллăн сикни Шупашкарта пĕрремĕш хут çеç пулнă-ха. Çавăнпа та ĕççыннисем спортсмен-парашютистсен çитĕнĕвĕсене ăшшăн кĕтсе илчĕç.

Шыв станцийĕнче ăмăртусем малалла пыраççĕ. Арçынсен шлюпка командисем 1.000 метра ишес тĕлĕшпе ăмăртрĕç. Ку тĕлĕшпе сăмăл тата апат-çимĕç промышленность предприятийĕсен иккĕн ишмелли шлюпка команди, 7 минут та 33,2 секундра ишсе тухса, пĕрремĕш вырăн йышăнма тивĕçлĕ пулчĕ. Иккĕмĕш вырăна Шупашкарти Тинĕс клубĕн шлюпка команди тухрĕ. Арçынсен шлюпка командисем хушшинче 1.852 метра ишес тĕлĕшпе ирттернĕ ăмăрту уйрăмах интереслĕ пулчĕ. Ку енĕпе Чапаевски поселок команди пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Хĕрарăмсен командисем те шлюпкăпа аван ишрĕç.

Спортсменсем шыв станцийĕн вышки çинчен массăллăн сикрĕç. «Спартак» спорт обществин членĕсем шывра ишес тĕлĕшпе ăмăртрĕç.

Хулари парксемпе стадионсенче те массăллă вăйăсем пулчĕç.

Тинĕс-Çар Флот кунне республикăри ытти хуласемпе ялсенче те паллă тунă. Канаш хулинче вырăнти командăсем футболла, волейболла вылянă. Хулари паркра ĕççыннисем йышлăн пулнă. Кунта каçхине республикăри юрăпа ташă ансамблĕ концерт панă. Сĕнтĕрвăрринче, Етĕрнере тата ытти хуласенче те спорт ăмăртăвĕсем ирттернĕ.

## Хуайхэ юханшывĕ çинчи гидростроительсен çĕнтерĕвĕ

ПЕКИН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Гуанминжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Хуайхэ юханшывĕ çинчи ирригаци сооруженийĕсен строителĕсем çĕнĕ çĕнтерӳ тунă. Июлĕн 25-мĕшĕнче Хуайхэ юханшывĕ çинчи строительствăн виççĕмĕш сулĕнче тумалли чи пысăк сооруженисенчен пĕрне—Саньхэ пĕвине туса пĕтернĕ. Ăна 10 уйăхран каярах вăхăт хушшинче туса çитернĕ. Унта 7,5 миллион кубометр çĕр чавса купаланă. Саньхэ пĕвине тунă çĕрте совет гидростроителĕсен малта пыракан меслечĕсемпе анлăн усă курнă. Çавна пула укçапа материалсене чылай перекетленĕ тата строительство срокне кĕскетнĕ.

Саньхэ пĕви Цзянсу провинцийĕн çурçĕр пайĕнчи çĕре шăвармалли тĕп канала тата халĕ тăвакан ытти сооруженисемпе пĕрле ирригацин пысăк системи пулать. Çак система вăра 25.800 пин му çĕре (пĕр му—0,06 гектар) шăварма май парать.

Çакă вара Цзянсу провинцийĕн çурçĕр пайĕнче çулсерен хальхинчен пĕр миллион тонна нумайрах тырă туса илме май парать.

## Демократиллĕ Германи Республикипе Болгари хушшинчи суту-илӳ вăйланать

БЕРЛИН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаçат паян Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ çумĕнчи пичет ведомствин пĕлтерĕвне пичетленĕ. Унта июлĕн 23-мĕшĕнче Софийăра Демократиллĕ Германи Республикипе Болгари 1953 çул валли таварсем улăштарса илесси тата вĕсемшĕн тӳлесси çинчен тунă килĕшӳ çумне хушса çырнă протокол çине алă пусни çинчен каланă.

Протоколта кăçал икĕ çĕршыв хушшинчи суту-илĕве 33 процент ӳстерме палăртнă. Болгари Демократиллĕ Германи Республикине тир-сăран, хĕвелçаврăнăш çăвĕ, пахча çимĕç тата улма-çырла сутать. Демократиллĕ Германи Республики Болгарие машинăсем, химикали, машинăсем тăвакан промышленность валли оборудовани тата запаслă пайсем сутать.

## Варшаври çăмăл автомобильсем тăвакан заводра

ВАРШАВА, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Варшаври çăмăл автомобильсем тăвакан завод 1951 çулхи кĕркунне малтанхи хут «Варшава» автомобильсем туса кăларнă. Ку машинăсен пур пайĕсене те Совет Союзĕнчи заводсенче туса хатĕрленĕ пулнă. Польшăри çĕнĕ автозавод вăра çав пайсене пухса машинăсем туса кăларакан предприяти евĕрлĕ пулнă, çав вăхăтрах ку завод Польшăри автомобильсем тăвакансемшĕн ĕçлеме вĕренмелли шкул пулса тăнă.

Завода пысăклатаççĕ. Моторсен цехĕнче тата штамповочнăй цехра халĕ çĕнĕ станоксемпе оборудовани вырнаçтарса лартаççĕ, вĕсене Совет Союзĕ ярса панă. Тимĕр-тăмăр шăратакан тата моторпа радиатор тăвакан цехсем лартма тытăннă. 1954 çулта пĕтĕмпех çак заводра хатĕрленĕ пайсенчен малтанхи автомашинăсем туса кăлармалла.

Производство цехĕсем лартнипе пĕр вăхăтрах автомобиль тунă çĕрте ĕçлекенсен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕç çине те тимлĕ пăхаççĕ. Завод территорийĕнче амбулаторипе клуб лартнă. Клубра зал, библиотека, спорт залĕ тата ыттисем те пур. Польшăри чи пысăк фабрика-кухньăна тума тытăннă, вăл цехри столовăйсем валли апат пĕçерсе хатĕрлемелле. Ача яслин çуртне тума пуçланă.

## Иранăн кăнтăрти пайĕнче салтаксем рабочисене вĕлернĕ

ТЕГЕРАН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Тегеранри хаçатсем Месджеда-Сулейманра июлĕн 23-мĕшĕнче рабочисемпе салтаксем хушшинче тытăçусем пулни çинчен пĕлтереççĕ.

«Джарас» хаçат паян çапла çырать: нефть кăларакан çав районти предприятисенчи рабочисем нумаях пулмасть хăйсен прависене хӳтĕлеме профсоюз тума йышăннă. Июлĕн 11-мĕшĕнче рабочисем профсоюз уставне сӳтсе явса çирĕплетме митинга пухăннă. Нафтун площадьне пухăннă рабочисем çине хĕçпăшаллă салтаксем тапаннă. Çавăн пек тапăнма вĕсене çар губернаторĕ хушнă. Тытăçу вăхăтĕнче темиçе çын аманнă. Рабочисенчен темиçе çынна тытса хупнă. Çар губернаторне пăхăнса тăракан салтаксем июлĕн 23-мĕшĕнче профсоюзсен çурчĕ çине тапăннă. Çавăн чухне рабочисемпе салтаксем хушшинче пулнă çапăçура 10 рабочие вĕлернĕ, 50 рабочи ытла аманнă.

## КĂНТĂР АФРИКА СОЮЗĔНЧИ ШАХТĂРА ПУШАР ТУХНĂ

ЛОНДОН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Иоганнесбург хулинчен çакăн çинчен пĕлтерет: июлĕн 22-мĕшĕнче Бракпанри Ван-дик шахтинче çĕр айĕнче, 4 пин фут тарăнăшĕнче вăйлă пушар тухнă. Пушар пысăк площадьре саралнă. Пожарниксем çав вутта сӳнтерме тăрăшаççĕ. Анчах халлĕхе вĕсем шахтăн пĕр участокĕнче те пушара сӳнтереймен.

## США-и ÇУРÇĔРТИ ПĂРЛĂ ОКЕАН РАЙОНĔНЧИ АКТИВЛĂХĔ

КОПЕНГАГЕН, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен хĕçпăшаллă вăйĕсем Çурçĕрти Пăрлă океан районĕнче хăйсен ĕçне вăйлатаççĕ.

«Экстрабладет» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, США Çурçĕр полюсĕ çывăхĕнче сывлăш çарĕн çĕнĕ базине тунă. Ку базăна йывăр бомбардировщиксем анса лармa пултараççĕ. «Берлингске афтенавис» хаçат çапла çырать: Норвеги çар институчĕн руководителĕ Х. У. Свердрупа профессор каланă тăрăх, сывлăш-çарĕн çав базине айсберг (полярти тинĕсенче куçса çӳрекен пăр тăвĕ) çинче тунă. Айсберг лаптăкĕ 81 тăваткал километр шутланать, вăл тинĕс шывĕнчен 50 метр çӳлĕрех. Хальхи вăхăтра çав питĕ пысăк айсберг çурçĕр широтин 86-мĕшпе 87-мĕш градусĕсем хушшинче.

Юлашкиултă çул хушшинче тунă тĕпчев ĕçĕсенчен çав айсберг Çурçĕр полюсĕ çывăхĕнче, тăрăхларах ункă евĕрлĕ çул туса куçса пыни палăрнă.

Свердрупа профессор тата çакăн çинчен каласа панă: пĕлтĕр айсберг çинче метеорологи станцийĕ тунă, çулталăк хушшинче Америка самолечĕсем унта нумай хутчен анса ларнă.

## ЯПОНИ МИЛИТАРИЗМĔН ÇАРПА ЭКОНОМИКА БАЗИНЕ ТĂВАÇÇĔ

ЛОНДОН, июлĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Токиори корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, паян Япони парламенчĕн кĕçĕн палати Японире çĕнĕрен картельсем тума ирĕк паракан законăн проектне йышăннă.

Японири Мицуи, Мицубиси, Сумитомо евĕрлĕ шултра монополисем халĕ ĕнтĕ çĕнĕрен хăйсен ĕçне вăйлатма ирĕк илнĕ, çавăн пек монополисем Япони милитаризмĕн çарпа экономика бази пулнине пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ.

## В. Г. Короленко калавĕсем чăвашла

Кăçалхи июлĕн 27-мĕшĕнче совет çыннисем вырăссен паллă писателĕ-демократĕ тата обществăлла деятелĕ Владимир Галактионович Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнине палăртрĕç.

Владимир Галактионович çинчен Горький акă мĕн çырнă: «Çĕнĕ Российăна аталантарас аслă ĕçре таса та тӳрĕ чунлă вырăс писателĕн—В. Г. Короленкăн чаплă ĕçĕсене тивĕçлĕ хак парса йышăнĕç. Вăл пысăк та хăватлă чĕреллĕ çын пулнă». Чăн та, писателĕн калавĕсемпе повеçĕсем, очеркĕсемпе памфлечĕсем пире Тăван çĕршыва вĕçĕ-хĕррисĕр юратма, халăх тăшманĕсемпе пусмăр тĕнчине пĕтĕм чун-чĕререн кураймасăр тăма, вĕсене хирĕç кĕрешме вĕрентеççĕ. Писатель-демократ мĕн ĕмĕрĕ иртиччен ĕçер улпучĕсем патĕнче асапланакан хресченсен, капиталистсен пусмăрне тӳссе пурăнакан рабочисен хутне кĕнĕ, вĕсене çутта кăларассишĕн кĕрешнĕ, телейлĕ те çутă пурнăç тума чĕннĕ. Писатель ĕмĕчĕсем пирĕн вăхăтра пурнăçа кĕчĕç. Вăл хăй те çамрăк Россия пусмăр тĕнчине аркатса çĕнĕ çул çине тăнине, çĕнĕ пурнăç тума тытăннине курнă. Уншăн калама çук савăннă, калама çук хĕпĕртенĕ.

Халĕ Короленкăн нумай произведенийĕсене пирĕн çĕршыври халăхсем—çав шутрах чăвашсем те—хăйсен тăван чĕлхипе вулаççĕ.

В. Г. Короленко калавĕсем чăвашла 1924 çулта пичетленсе тухма тытăнаççĕ. Çав çулта «Макар тĕлĕкĕ» тата «Шартлама сивĕ» ятлă калавсем пичетленеççĕ. 1935 çулта «Сутăн илнĕ ачасем» ятлă калав пичетленсе тухать.

1949 çулта В. Г. Короленко калавĕсен пуххи тухать. Унта пурĕ 6 калав кĕртнĕ. Вĕсен хушшинче «Вут çути», «Пĕр самант», «Тĕлĕнтермĕш хĕр», «Юханшыв вылять» тата ытти калавсем те. Пĕтĕмĕшпе илсен писатель калавĕсене 20 пин экземпляр ытла пичетлесе кăларнă.

В. Г. Короленко калавĕсене пирĕн чăваш халăхĕ, ытти халăхсем пекех, юратса вулать. Çакна шута илсе, чăваш писателĕсем унăн произведенийĕсене тата йышлăрах куçарасшăн.

## *Спорт хыпарĕсем*

Иртнĕ вырсарникун «Энергия» спорт обществин стадионĕнче спорт ăмăртăвĕсем пулса иртрĕç.

Ирхине чушка вăййи енĕпе республикăра мала тухассишĕн ирттерекен ăмăрту пуçланчĕ. Çав ăмăртăва Шупашкарти «Динамо» тата «Энергия» спорт обществисен, Канаш хулинчи, Чкаловски тата Тăвай районĕсен командисем хутшăнчĕç. Малтанхи кун ирттернĕ вăйăсем хыççăн Шупашкарпа Канаш спортсменĕсем чушкăлла лайăх выляни палăрчĕ.

«Спартак» спорт обществин республикăри чи лайăх спортсменĕсен çăмăл атлетика, велосипедпа çӳрес, шывра ишес тата пăшалпа тĕл перес енĕпе ирттерекен ăмăртăвĕсем пулса иртрĕç. Ăмăртăва арçынсемпе хĕрарăмсен, арçынсен тата хĕрарăмсен командисем хутшăнчĕç.

Арçынсемпе хĕрарăмсенчен тăракан командăсем хушшинче Вăрнарти «Скороход» артелĕн спортсменĕсем пĕрремĕш вырăн йышăнчĕç.

Йĕпреç районĕнчи Упакассинчи Громов ячĕпе тăракан артельти çамрăксем арçынсен командисем хушшинче мала тухрĕç. Хĕрарăмсен командисем хушшинче Çĕрпӳри профтехшкулти физкультурницăсем пĕрремĕш вырăн йышăнчĕç.

Стадионра футбол вăййипе хулара мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн черетлĕ вăййисем пулчĕç. Чи малтанах пир-авăр комбинатĕнчи футболистсем Атăл леш енчи «Красная звезда» спорт обществин командипе вылярĕç. Вăйă пысăк шутпа (7 : 0) пир-авăр комбинатĕнчи спортсменсен çĕнтерĕвĕпе вĕçленчĕ.

«Энергия» спорт обществин иккĕмĕш команди Чапаевски поселокри иккĕмĕш командăпа вылярĕ, 6 : 1 шутпа çĕнтерчĕ. Ку команда ăмăртура малта пырать.

* * *

Çак кунсенче волейбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăрту вĕçленчĕ.

Вăйăсенче уйрăмах «Искра» спорт обществин волейболисчĕсемпе волейболистикисем хăйсен пултарулăхне лайăх кăтартрĕç. Вĕсем пур тĕлпулусенче те çĕнтерсе пычĕç. «Искра» спорт обществин арçынсемпе хĕрарăмсен волейбол командисем республика чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç.

Арçынсем хушшинче иккĕмĕш вырăна Канаш районĕн, виççĕмĕш вырăна Чкаловски районĕн волейбол командисем тухрĕç. Хĕрарăмсем хушшинче «Энергия» спорт обществин волейбол команди иккĕмĕш вырăн. Чкаловски районĕн команди виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

*Врач канашĕсем*

## ВИТАМИНСЕМ ÇИНЧЕН

Çитмĕл çул ытларах каялла вырăс ученăйĕ Лунин çакăн пек опытсем тунă: шăшисене химически таса белок, углевод, çу, тăвар, шыв парса усранă. Пĕрисене çак химически таса япаласене кăна парса тăнă, теприсене çаксемсĕр пуçне пăрçак чĕрĕ сĕт панă. Чĕрĕ сĕт хушса çитермен шăшисем нумай пурăнайман, часах начарланса вилнĕ. Чĕрĕ сĕт çинĕ шăшисем сывах пулнă, нимĕнле чирпе те аптраман. Опытсем туса Лунин çакна пĕлнĕ: чĕрĕ сĕтре белоксемпе углеводсем, çусем, тăварсем кăна мар, тата урăх япаласем те пур. Ку япаласем çынна пурăнма питĕ кирлĕ. Вĕсене вăл «витамин» тесе ят панă. Витамин сăмах «вита» сăмахран тухнă. «Вита» — латинла сăмах, пурнăç тени пулать. Çапла ĕнтĕ, витаминсем—пурăнма кирлĕ япаласем, вĕсем организма лекмесен, этем сывă пурăнма пултараймасть. Витаминсем çитĕннисене те кирлĕ, ӳсекен организма—ачасене тата та ытларах кирлĕ. Вĕсем çителĕклĕ пулмасан, ача тĕреклĕ ӳсме пултараймасть, чирсене час парăнакан пулать. Ача апатĕнче витаминсем сахал пулсан е пачах пулмасан, вăл чире кайма пултарать, начар ӳсет.

Витаминсем тĕрлĕрен пулаççĕ. Ку таранччен 20 тĕслĕ ытла витамин пуррине пĕлнĕ.

Хăш-пĕр витаминсене (А, В, С, Д тата ытти те) лайăхрах сăнаса пĕлнĕ. Халĕ вĕсем мĕнле апат-çимĕçре пуррине, вĕсем организма мĕнле чиртен сыхлама пултарнине, мĕнле витамин çитменнипе мĕнле чир пулма пултарнине, çынна сывă пурăнма мĕн чул витамин кирлине лайăх пĕлеççĕ.

Кашни витамин хăйне расна чиртен сыхлать.

Ача апатĕнче «А» витамин çителĕклĕ пулсан, ачасем лайăх ӳсеççĕ, çавăнпа та «А» витамина ӳсме пулăшакан витамин тесе шутлаççĕ. Ача апатĕнче «А» витамин сахал пулсан е пачах пулмасан, çав ача вăйсăрланать, апат начар çиекен пулать, начар ӳсет. «А» витамин ача организмне тĕрлĕ чирсемпе кĕрешме те пулăшать. Çакăн пек витаминсăр апат çисе тăракан ачан кирек мĕнле чир те йывăр пулса иртет, тата пĕр-пĕр чир хыççăн вĕрĕлнипе урăх чирсем час-часах пулаççĕ. Организмра «А» витамин çителĕклĕ пулмасан, «чăх куçĕ» пулать (çын кăнтăрла ниперех курать, тĕттĕм пулсан пачах курмасть).

«А» витамин çак апатсенче нумай: пулă çăвĕнче, çăмарта саррине, пĕверте, услам çура, вĕретмен сĕтре, хăймара тата чĕрĕ пахча çимĕçсенче: кишĕрте, салатра, симĕс суханра, кăшкар утинче, помидорта, вĕлтрене тата ыттисенче те пур.

Ача лайăк ӳстĕр тата унăн организмĕ çирĕплентĕр тесен, ăна «А» витаминлă апат ытларах çитерме тăрăшмалла. «А» витамин ӳсекен ачасене кăна мар, çитĕннисене те кирлĕ, çавăнпа çитĕннисен те «А» витаминлă апат ытларах çимелле.

«В» витамин нерв системине усăллă. Ку витамин çинĕ апата лайăх йышăнма организма пулăшать.

Вăл апатра пачах пулмасан, нерв чирĕ, «бери-бери» текен чир пулса каять. Апатра «В» витамин çитмесен çын час ывăнать, йывăрланса, яланах ыйхă килнине аптраса çӳрет, апат анми пулать.

«В» витамин пуринчен ытла çĕпреpе нумай. Вăл тата çак çимĕççенче чылай: ыраш çăкăрĕнче, фасольте, пăрçара, мăйăрта, хуратул кĕрпинче, сĕлĕ кĕрпинче, пĕверте, купăстара, кишĕрте. Шурă çăкăрта, маннăй кĕрпере тата тасатнă рисра «В» витамин пачах çук.

«С» витамин апатра пачах пулмасан, чылайччен çак витаминсăр апат çисе пурăнсан, ачасен те, çитĕннисен те «цинга» чирĕ пуçланма пултарать. «С» витамин апатра çителĕксĕр пулсан, çын организмĕ чирсемпе лайăх кĕрешеймест. «С» витамин чĕрĕ пахча çимĕçсенче тата чĕрĕ улма-çырласенче: шăлан çырлинче, хурлăханра, апельсинпа лимонра, кишĕрте, купăстара, панулминче, ешĕл пăрçара, помидорта питĕ нумай. Çĕрулминче те «С» витамин чылай, анчах ытти пахча çимĕççеннинчен каярах. Çапах та çĕрулмипе пĕрле этем организмне «С» витамин чылай лекет, мĕншĕн тесен çĕрулмине ытти пахча çимĕççенчен ытларах çиеççĕ. «С» витамин чăрăш лăссипе хыр лăссинче нумай. Витаминлă апат сахал вăхăтра чăрăшпа хыр лăссипе те усă курма пулать.

«Д» витамин организмра сахал пулсан е пачах пулмасан, пĕчĕк ачасем рахитпа чирлеççĕ. «Д» витамин çителĕклĕ пулмасан, шăмăсем çемçелеççĕ, шăлсем пăсăлаççĕ. «Д» витамин пулă çăвĕнче нумай. Вăл тата çăмарта саррине, çуллахи сĕтре, хăймара тата услам çура пур. Çак япаласене çисен, «Д» витамин организма лекет.

Тулта хĕвел çинче çӳренĕ чухне хĕвел çутти çинчи ультрафиолетовăй паяркасем ӳте лекнипе ӳт-тир ăшĕнче «Д» витамин пулса тăрать. Çавăнпа та ача рахит чирĕпе ан чирлетĕр тесен, ăна тулта, хĕвел çинче çӳретме тăрăшмалла. Пӳртри чӳрече витĕр кĕрекен хĕвел çуттинче ультрафиолетовăй паяркасем çук, вĕсем кĕленче витĕр кĕреймеççĕ, çавăнпа пӳртри хĕвел çуттин усси çук. Витаминсем чĕрĕ пахча çимĕççенче, чĕрĕ улма-çырласенче, вĕретмен сĕтре тата ытти чĕрĕ апат-çимĕçре нумай. Çак апат-çимĕççене пĕçерсен, вĕсенчи витаминсем чакаççĕ. Апат пĕçернĕ чухне витаминсем ан чакчăр тесен, апата пĕçерме пĕлмелле. Апата нумайччен вĕретсе тăрсан та витмесĕр пĕçерсен, пахча çимĕççенче витаминсем нумай чакаççĕ. Çавăнпа та пахча çимĕç пĕçернĕ чухне апат савăтне витсе тăмалла. Пахча çимĕçе апат шывĕ вĕреме кĕрсен тин хурана ямалла, какай яшки пĕçернĕ чухне улмине те, ытти пахча çимĕççене те какайĕ пиçерехпе тин ярас пулать. Пахча çимĕçне вĕрекен яшкана е вĕрекен шыва пĕчĕккĕн-пĕчĕккĕн ярса пымалла, янă чухне шывĕ вĕресех тăтăр, вĕреме ан чарăнтăр. Яшкана ямалли улмана та, ытти пахча çимĕççене те малтанах, яшка пĕçерме пуçличченех тасатса, турaса хурас пулмасть, яшкана ярас умĕн кăна тасатса хатĕрлемелле.

Улма тата ытти пахча çимĕççене чăмăрла пĕçернĕ чух витаминсем шыва тухаççĕ, çавăнпа вăл шыва тăкас пулмасть, унпа апат пĕçернĕ çĕрте усă курмалла.

Апат пиçсен, ăна вĕри çĕрте нумай лартас пулмасть; апат пĕрре çисе пĕтмесен, тепре çиеччен ăна вĕри çĕрте лартмалла мар, сивĕ çĕре кăларса лартас пулать, çиес умĕн тин ăшăтмалла.

Сĕтре витаминсем ан пĕтчĕр тесен, ăна 3 минутран ытла вĕретмелле мар, вĕретнĕ чухне савăтне витсе тăрас пулать.

Çапла ĕнтĕ, çын организмне витаминсем апатпа пĕрле лекеççĕ, «Д» витамин çын организмĕнче те пулма пултарать. Чĕчĕ ачисем витаминсене чĕчĕ сĕтĕнчен туянма пултараççĕ.

Ача организмне витамин ытларах лекĕтĕр тесен, йывăр çын чухне хĕрарăмăн витаминлă апат ытларах çимелле, хĕвел çутти çинче ытларах çӳремелле.

Ача ĕмĕртекен хĕрарăмсен те витаминлă апат ытларах çимелле, тулта хĕвел çуттинче нумайрах пулмалла.

Чĕчĕ ачисене ик-виçĕ уйăх тултарнă çĕре витаминсем пама пуçламалла, амăш сĕчĕсĕр ӳсекен ачасене витаминсем татах та иртерех пама пуçлас пулать.

Пĕчĕк ачасене пулă çăвĕ, чĕрĕ пахча çимĕççемпе улма-çырласен сĕткенĕсене ĕçтермелле, 7—8 уйăх тултарнă çĕре чĕрĕ пахча çимĕç е улма-çырла хырса, вĕтетсе тата çемçетсе памалла.

Ача сывă пултăр, тĕреклĕ те лайăх ӳстĕр тесен, ăна çитерекен апатра тĕрлĕ витаминсем пурте çителĕклĕ пулмалла.

**А. ФАДДЕЕВА,**
медицина наукисен кандидачĕ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Совет х... ...торчествăлла вăйĕсем («Правда» ... июлĕн 27-мĕшĕнчи умстатьи).

Чăваш ... Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче. Республикăри колхозсенче тырпул пухса кĕртес ĕç мĕнле пыни çинчен.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарчĕ.

Ют çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—Мари АССР-ĕнчи драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 28-мĕшĕнче «Грушенька» (Лесковăн «Очарованный странник» повеçĕ тăрăх çырнă драма).

Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 28-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Юные партизаны».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-90, ответлă секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НI 01104 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.